ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

СОВЕТ СОЮЗĔНЧИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ЧĂВАШ ОБКОМĔПЕ ШУПАШКАР ХУЛА КОМИТЕЧĔН ТАТА ЧĂВАШ АССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔПЕ ШУПАШКАР ХУЛА СОВЕЧĔН ХАÇАЧĔ

168 (9847) № | 1956 çулхи августăн 18-мĕшĕ, шăматкун | Хакĕ 20 пус. 39-мĕш çул тухать.

## КПСС XX съездĕн решенийĕсене пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса пысăк хастарлăхпа ĕçлер

Партин XX съездĕн решенийĕсенче ССР Союзĕ коммунизм çулĕпе хăвăрт малалла каймалли пысăк программа палăртса панă, производительнăй вăйсене аталантарса пыма, хамăрăн социализмла Тăван çĕршывăн вăй-хăватне малалла тĕреклетме тата Совет Союзĕнчи халăхăн пурнăçне лайăхлатма мĕнле ĕçсем тумаллине татăклăн палăртса хунă. Халĕхи вăхăтра Коммунистсен партийĕпе пирĕн халăх пĕтĕм ĕçсене çав программăна пурнăçлас тĕллевпе туса пыраççĕ.

Чăваш республикинчи ĕçсыннисем, пĕтĕм совет çыннисемпе пĕрле, партин XX съездĕн решенийĕсене пысăк хаваслăхпа сӳтсе явса ырларĕç тата хăйсен куллехи ĕçĕнче съезд решенийĕсене пурнăçлама хатĕр тăнине кăтартса параççĕ. Республика промышленносĕ çур çулхи производство планне иртерсе тултарчĕ, планран иртерсе продукци нумай туса кăларчĕ. Çĕршер промышленность предприятийĕсем çур çулхи плана иртерсе тултарчĕç те иккĕмĕш çур çулта ĕç хăвăртлăхне ӳстерсе пыраççĕ. Ялсенче улттăмĕш пилĕкçуллăх заданийĕсене срокчен пурнăçлассишĕн—выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине 2—3 çул хушшинче икĕ хут ӳстерессишĕн социализмла ăмăрту сарăлса кайрĕ. 1956 çулхи августăн 1-мĕшĕ тĕлне, иртнĕ çулхи çав вăхăтрипе танлаштарсан, государствăна аш-какай 72 процент, сĕт 35 процент нумайрах панă тата сутнă. Ялхуçалăх ĕçĕсене иртнĕ çулхисенчен лайăхрах туса иртереççĕ, уя удобренисем ытларах кăларнă. Ялхуçалăхĕнчи ĕçсыннисен ĕçри хастарлăхĕ ӳсрĕ. Кăçал республикăра выльăх-чĕрлĕх витисем иртнĕ çулхинчен ытларах тăваççĕ.

Кунпа пĕрлех çакна та йышăнас пулать: облаçри парторганизацире, нумай райкомсенче, хула комитечĕсенче тата пуçламăш парторганизацисенче партин XX съездĕн решенийĕсене пурнăçлассишĕн халĕхи вăхăтри лару-тăру хушнă пек çине тăрса кĕрешни çук-ха, съезд решенийĕсене пурнăçлассишĕн туса пыракан практикăлла ĕç халĕхи вăхăтри требованисенчен юлса пырать. Çапла, сăмахран, республикăри промышленность предприятийĕсенчен виççĕмĕш пайĕ кăçалхи пĕррмĕш çур çулхи плана тултарса çитереймерĕç, июль уйăхĕнче вара çавăн пек предприятисен шучĕ чакма мар, татах ӳсрĕ. Апат-çимĕç таварĕсем тăвакан промышленность министерстви, строительство материалĕсем тăвакан тата автомобиль транспорчĕпе шоссе çулĕсен управленийĕсем, Чăвашпромсовета пăхăнса тăракан 50 артель, «Чăвашвăрман» трестĕн предприятийĕсенчен сурри плана тултарса çитереймен. Капитальнăй строительство ĕçĕ уйрăмах япăх пулса пырать, пĕррмĕш çур çулта капитальнăй строительствăн çулталăкри планне 33 процент кăна тултарнă.

Ĕç çавăн пек çителĕксĕр пулса пыни уйрăм министрсем, управлени начальникĕсем, промышленность предприятийĕсен директорĕсем, партин пуçламăш организацийĕсем, хула комитечĕсем тата райкомĕсем кашни предприяти плана тултартăр тесе çителĕклĕ ĕçлеменнине кăтартса парать. Вĕсем материалсемпе техника парса тăрассине, ĕçе тата производствăна организацилессине лайăхлатас, промышленность работникĕсен социализмла ăмăртăвне сарса пырас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Партин Çĕмĕрле райкомĕ промышленность ĕçне ертсе пырас енĕпе уйрăмах çителĕксĕр ĕçлет. Çак районти промышленность пĕррмĕш çур çулхи плана 95,9 процент çеç тултарнă.

Халĕхи вăхăтра пирĕн умра çакăн пек задача тăрать: юлса пыракан кашни предприяти ĕçне лайăхлатма конкретлă ĕçсем туса иртермелле, производствăра тата ĕçри дисциплинăна пур майсемпе те çирĕплетмелле, техникăпа производство технологине пĕрмаях лайăхлатса пымалла, ĕç тухăçлăхне ӳстермелле, материалсем, чĕр-тавар, электроэнерги тата топливо перекетлессине çирĕппĕн пурнăçласа пымалла. Плана тултарман пĕр предприяти те, пĕр ведомство та, пĕр министерство та пулмалла мар. 1956 çулхи—улттăмĕш пилĕкçуллăхри пĕррмĕш çулталăкри плана срокчен пурнăçлассишĕн кĕрешесси социализмла ăмăртура тĕп вырăн йышăнса тămалла.

Пирĕн ялхуçалăхĕнче ялхуçалăх продукчĕсем туса илессине тата хатĕрлессине ӳстермелли пысăк резервсем пур. Халĕхи вăхăтра ялхуçалăхĕнчи тĕп задача—тырпула лайăх пухса кĕртесси, кĕрхине вăхăтра иртересси, вăрлăх хатĕрлесси тата ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлемелли обязательствăсемпе плансене срокчен пурнăçласси. Республикăра тырпул пухса кĕртесси çителĕклĕ пулса пымасть-ха. Уйрăм районсемпе колхозсенче çанталăк йĕпе-сапа тăнă вăхăтра тырпул пухса кĕртме начар хатĕрленнĕ, тырра вырса пултарса пухса кĕртессине хакламанни усăнах палăрать, тырпул пухса кĕртмелли техникăпа питĕ çителĕксĕр усă кураççĕ. Тырпула тăккаласа хăварни те палăрать. Улатăр, Пăрачкав, Куславкино, Шăмăршă тата Ишлей районĕсенче тырпул пухса кĕртес тĕлĕшпе уйрăмах çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Тырпул пухса кĕртес ĕçе сывăх кунсенчех вĕçлесе çитермелле тăвас пулать, пур çĕрте те анăн çапас ĕçе сарса ямалла, каярахпа пулса çитекен культурăсене тата çĕрулмине пухса кĕртме хатĕрленмелле. Республика тырпул хатĕрлемелли плана август уйăхĕнче тултарма пултарать. Çак ĕçе тунипе пĕр вăхăтрах выльăх апачĕ хатĕрлес тата выльăх витисене хĕле хатĕрлес тĕлĕшпе тимлĕн ĕçлемелле. Анчах чылай колхозсенче халĕ те утă çулса пĕтермен, комбайнпа вырнă участоксенчи улăма пуçтарса капана хурассине вăраха яраççĕ. Силос хывасси вăраххăн сарăлса пырать. Халĕ ĕнтĕ пур çĕрте те кукурузăна çулса силос хывма вăхăт çитрĕ. Кăçалхи çул обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли сĕтеклĕ апат çителĕклĕ пулмалăх силос тата çĕрулми хатĕрлеме май пур.

Юлашки вăхăтра пирĕн республикăра сĕт суса илессишĕн кĕрешесси вăйсăрланни палăрчĕ. Июнь тата июль уйăхĕсенче пирĕн республика Мордва тата Мари республикисенчен сахалтарах сĕт суса илнĕ. Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем, уйрăмах сĕт тата аш-какай хатĕрлесси юлса пырать. Облаçри парторганизаци тата ялсенчи мĕнпур ĕçсыннисен выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине ӳстерес тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлемелле, мĕншĕн тесен выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине ӳстерни колхозсен экономикине вăйлатмалли, колхозниксен пурнăçне лайăхлатмалли никĕс пулса тăрать; ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлемелли тата сутăн илмелли плана срокчен тултарассишĕн кĕрешмелле.

КПСС XX съездĕн решенийĕсенче ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатмалли тата вĕсен культурине ӳстерсе пымалли анлă программа кăтартса панă. Литература, искусство, халăха вĕрентес тата халăх сывлăхне сыхлас ĕçри работниксен пурин те хăйсен участокĕсенче съезд кăтартса панă задачăсене пурнăçлассишĕн тăрăшса ĕçлемелле. Парти, совет тата хуçалăх организацийĕсен пурăнмалли çуртсем, шкулсем, ача-пăча учрежденийĕсем тата сыватакан учрежденисем тумалли, хуласемпе ялсене юсаса тирпейлемелли, халăха топливо хатĕрлесе памалли тата сутулăхпе столовăйсен ĕçне лайăхлатмалли плансене пĕтĕмпех пурнăçласа çитерме кирлĕ ĕçсене тумалла. Çак ыйтусене конкретлă лартса татса пани кирлĕ. Ĕçсыннисен ыйтнисем çине çаврăнса пăхман, совет çыннисен пурнăçне лайăхлатса пыма чăрмантаракан бюрократсене хирĕç кĕрешмелле.

КПСС XX съездĕн решенийĕсене пурнăçлама парти, совет тата ытти органсем ĕçе ертсе пырассине татăклăн лайăхлатмалла. Çак органсен ĕçĕнче съезд решенийĕсене предприятисенче, колхозсенче, МТС-сенче тата совхозсенче пурнăçласа пыма конкретлă практикăлла ĕçсене организацилесси тĕп вырăнта пулмалла. Анчах çакă, сăмахран, партин Сĕнтĕрвăрри райкомĕн ĕçĕнче кирлĕ пек палăрмасть-ха. Вăл районти ялхуçалăхĕ юлса пынине пĕтерме, ялхуçалăх продукчĕсем ытларах туса илме районти парторганизацие тата ялсенчи ĕçсыннисене мобилизацилес енĕпе çителĕксĕр ĕçлет,—çав вăхăтрах районта ялхуçалăхне малалла яма тата ялхуçалăх продукчĕсем ытларах туса илме паха майсем пур.

Кашни работник хăйне хушнă ĕçшĕн ответлă пулассине, пуçламăш парторганизацисем колхозри, предприятири, учрежденири ĕçшĕн ответлă пулассине ӳстермелле. Куславкка районĕнчи «Правда» колхозри парторганизацире 27 коммунист. Çак парторганизацири уйрăм коммунистсем колхозăн обществăлла хуçалăхне вăйлатассишĕн çине тăрса кĕрешес вырăнне, хăйсене хăйсем тĕрĕс мар тыткаласа коммунистăн чыслă ятне пăсаççĕ, тырпул пухса кĕртес тĕлĕшпе хĕрӳллĕ ĕçленĕ вăхăтра та колхозри ĕçе хутшăнмаççĕ. Кун çинчен партин Куславкка райкомĕ те пĕлет, анчах тивĕçлĕ мерăсем йышăнмасть. Сĕнтĕр районĕнче уйрăм хуçалăхсенчен государство валли сĕт сутăн илесси начар пырать, анчах парти райкомĕ çак ĕç çине вăхăтра çаврăнса пăхман. Çĕмĕрле хулинче пурăнмалли çуртсемпе культурăпа йăла çурчĕсем тăвакан 32-мĕш строительствăпа монтаж управленийĕ плана тултарса пымасть, анчах парти райкомĕ çакăнпа килĕшсе пурăнать; вăл, май килнĕ пулин те, строительствăпа монтаж управленине ĕç вăйĕ тупма пулăшман.

Политикăлла агитаци ĕçне лайăхлатма, культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕçне лайăхлатса пыма, кино кăтартассине, радио итлессине тата ытти ĕçсене те лайăхлатма тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла. Политикăлла ĕçре съезд решенийĕсене кашни ĕçсыннине ăнлантарса парасси, республикăра экономикăпа культурăна çĕклентерес, ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатса пырас тĕлĕшпе конкретлă задачăсене пурнăçлас ĕçре рабочисен, колхозниксен тата интеллигенцин творчествăлла активлăхне ӳстересси тĕп вырăнта пулмалла.

Халĕхи вăхăтра парти вĕренĕвĕн çĕнĕ çулне хатĕрлесси сарăлса пырать. Теорие вĕренни тата ăна пропагандăлани—марксизм-ленинизмăн асăл идейисене пурнăçласа пыма, материальнăй тата культурăлла ырлăхсен производствине ӳстерме, социализмла обществăри ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатса пыма кирлĕ,—çавна асра тытса, пропагандăпа агитаци ĕçĕ практикăран уйрăм пулса пынине пĕтермелле. Экономикăлла теорие тата конкретлă экономика пĕлĕвĕсене пропагандăласси çине уйрăмах тимлĕ пăхмалла.

Пирĕн Коммунистсен партийĕ ĕçри çитменлĕхсене хăюллăн уçса палăртать тата çав çитменлĕхсене пĕтерме кирлĕ ĕçсене туса пырать. КПСС Центральнăй Комитечĕ пуçарнипе уйрăм çынна ытлашши пысăка хурас йăлана хирĕç тата унăн сиенне пĕтерессишĕн кĕрешӳ сарăлса кайрĕ, çак кĕрешĕве пĕтĕм парти тата пĕтĕм халăх ырласа йышăнчĕ. Халĕ ĕнтĕ çакăн пек задача тăрать: Ленин халăх çинчен тата парти ролĕ çинчен вĕрентнине пĕрмаях тĕрĕс пурнăçласа пымалла, халăх массисен творчествăлла активлăхне çĕклемелле, советсен, профсоюз, комсомол тата ытти организацисен ĕçне мĕнпур майсемпе лайăхлатса пымалла, ĕçри çитменлĕхсене пĕтерес тĕллевпе критикăпа самокритикăна сарса пымалла, социализмла государство законĕсене, парти тата государство ĕçĕнче ленинла нормăсене çирĕппĕн пăхăнса пурнăçласа пымалла. Совет демократине мĕнпур майсемпе сарса пынă вăхăтрах, хамăр хушăра дисциплинăна малалла çирĕплетсе пырас пулать.

Пирĕн парти хăйĕн XX съездĕнче марксизм-ленинизм çине творчествăлла пăхас енĕпе ырă пример кăтартрĕ, çĕршывăн халăх хуçалăхне хăватлăн вăйлатма тата Тăван çĕршывăн вăй-хăватне малалла ӳстерсе пыма пысăк программа кăтартса пачĕ. Халĕ ĕнтĕ тĕп задача çав программăна пурнăçласси пулать. Ăна пурнăçлассишĕн пыракан кĕрешӳ ăнăçлă пуласси парти, совет, профсоюз, комсомол организацийĕсем хастар ĕçленинчен, коммунистсем тата пĕтĕм ĕçсыннисем вăя шеллемесĕр ĕçленинчен килет. Партин кашни организацийĕн, предприятисен, колхозсен коллективĕсен, халиччен тунă ĕçсене тишкерсе тухса, ĕçри çитменлĕхсене пĕтерме мĕн тумаллине палăртмалла, мĕнпур вăя мобилизацилесе парти съездĕн решенийĕсене пурнăçласа пыма тăрăшмалла. Съезд решенийĕсене пурнăçлама мĕн тумалли çинчен хут çине çеç çырса хуни пулмалла мар, çав ĕçсене чăннипех пурнăçласа пыни кирлĕ.

КПСС XX съездĕн историлле решенийĕсене пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса пысăк хастарлăхпа ĕçлер!

## КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕнче

### Тырпула тирпейлĕ пухса кĕртессишĕн тата государствăна срокчен тырă парса татассишĕн районсем хушшинче социализмла ăмăрту мĕнле пыни çинчен

Тырпул пухса кĕртес тата государствăна тырă парас ĕçсене лайăх пурнăçласа пынăшăн КПСС обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне **Красноармейски районĕнчех** хăварнă, (КПСС райкомĕн секретарĕ Мустаева юлташ, райисполком председателĕ Федоров юлташ, МТС директорĕ Быков юлташ). Çак район августăн 15-мĕшĕ тĕлне тырпул пухса кĕртмелли плана 91,4 процент, государствăна тырă памалли плана 70 процент тултарнă.

Тырпул пухса кĕртес тата государствăна тырă парас енĕпе **Советски районĕ** (КПСС райкомĕн секретарĕ Ефимов юлташ, райисполком председателĕ Лодин юлташ, МТС директорĕ Константинов юлташ) лайăх ĕçленине палăртнă; тырпул пухса кĕртес енĕпе **Çĕрпӳ районĕ** (КПСС райкомĕн секретарĕ Логинов юлташ, райисполком председателĕ Осипов юлташ, МТС директорĕ Лялин юлташ) тата **Шăмăршă районĕ** (КПСС райкомĕн секретарĕ Иванов юлташ, райисполком председателĕ Васильев юлташ, МТС директорĕ Ефремов юлташ); государствăна тырă парас енĕпе—**Етĕрне районĕ** (КПСС райкомĕн секретарĕ Иванов юлташ, райисполком председателĕ Маклашкин юлташ, МТС директорĕ Наумов юлташ), **Куславкка районĕ** (КПСС райкомĕн секретарĕ Сизых юлташ, райисполком председателĕ Лернов юлташ, МТС-сен директорĕсем Туницына Игнатов юлташсем) тата **Шупашкар районĕ** (КПСС райкомĕн секретарĕ Воронов юлташ, райисполком председателĕ Семенов юлташ, МТС директорĕ Афанасьев юлташ) лайăх ĕçленине палăртнă.

## Тăван çĕршывра



**Сулахайра**

**Хусан.** Куйбышев ГЭС-не туса пĕтерсен Атăл шывĕ Хусан тĕлĕнче чылай çĕкленет, халĕхи причалсем шыв айне пулаççĕ. Халĕ кунта çĕнĕ порт тăваççĕ. Тимĕртен 1.000 метр тăршшĕ причал стени туса лартнă, дамба тата порт патне пымалли çулсем тăваççĕ.

**Ӳкерчĕк çинче:** Хусан портне тунă çĕрте.

**Б. Мясников** фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).



**Сылтăмра**

**Узбек ССР-ĕ.** Ургут районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхозăн виноград сачĕ çулĕ сăртсем хĕррине вырнаçнă. Вăл пĕтĕмпе 250 гектар йышăнать. Кăçал виноград тĕлĕнмелле чаплă пулнă, гектар пуçне 120—150 центнер тухать. Колхоз виноград çитĕнтерсе 3 миллион тенке яхăн тупăш илет.

**Ӳкерчĕк çинче:** виноград пухакан хĕрача Соат Ибрагимова.

**Кузьменко** фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### 85 миллион пăт вырăнне 100 миллион пăт тырă параççĕ

Августăн 16-мĕшĕнче Красноярскра парти райкомĕн секретарĕсемпе райисполком председателĕсен канашлăвĕ пулса иртнĕ. Канашлу крайра тырпула пухса кĕртес тата государствăна парас ĕçсем мĕнле пыни çинчен сӳтсе явнă.

Тырпула çулса пăрахнипе пултарса пухса кĕртес меслетпе ĕçлесси анлă сарăлни малтан шутласа кăларнинчен нумайрах тырă пухса илме май парать. Канашлура тырпула хăвăртрах пухса кĕртес тата государствăна парса татас тĕлĕшпе тумалли практикăлла ĕçсене палăртнă.

Крайри колхозсемпе совхозсем малтан государствăна 85 миллион пăт тырă пама обязательство йышăннă пулсан, халĕ вара вĕсем 100 миллион пăтран кая мар пама пултараççĕ. Канашлура çавăн чухлĕ тырă памалла, тесе йышăннă.

Унта пухăннисем Акмолинск облаçĕнчи ялхуçалăх ĕçченĕсем Красноярск крайĕнчи ялхуçалăх работникĕсене хăйсемпе ăмăртма чĕннине тăвăллăн алă çупса йышăннă.

Канашлу ĕçне КПСС Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Н. И. Беляев юлташ хутшăннă. (ТАСС).

### Государствăна 5,5 миллион пăт тырă панă

Красноярск крайĕпе ăмăртăва тухса хăйсем çине илнĕ обязательствăсене пурнăçласа, Акмолинск облаçĕнчи ялхуçалăхĕнче ĕçлекенсем государствăна 5,5 миллион пăт тырă панă. Кунтан-кун тырă ытларах та ытларах леçсе параççĕ. Тырă хатĕрлес ĕç Акмолинск районĕнче ăнăçлă пулса пырать, район государствăна 1.200 пин пăт тырă панă та ĕнтĕ.

Кунта хĕвеллĕ çанталăк тăнипе усă курса, нумай совхозсемпе колхозсем комбайнсем вырса çапса хатĕрленĕ тырра тӳрех хатĕрлев пункчĕсене леçсе параççĕ. Çулса пăрахнипе пултарса пухса кĕртнĕ çĕрте тырă уйрăмах тухăçлă пулать, лайăх типсе çитет. (ТАСС).

### Кировоград облаçĕ çулталăкра сĕт хатĕрлемелли тата сутăн илмелли плана тултарнă

КПСС XX съездĕн историллĕ решенийĕсене тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине ӳстерес тĕлĕшпе йышăннă обязательствăсене пурнăçлассишĕн социализмла ăмăртăва анлăн сарса, Кировоград облаçĕнчи ялхуçалăхĕнче ĕçлекенсем государствăна 1956 çулта сĕт парас тата сутас енĕпе область валли палăртса панă плана срокчен тултарнă. Государствăна пĕтĕмпе 164 пин тонна, пĕлтĕрхи çав тапхăртинчен 50,6 пин тонна ытларах сĕт панă тата сĕт сутнă.

Облаçри сĕт-çу промышленносĕн предприятийĕсем çичĕ уйăхри плана çу туса кăларас енĕпе 136 процент, сĕт продукчĕсем хатĕрлес енĕпе 206 процент тултарнă, планран иртерсе выльăх çăвĕ 1.604 тонна туса кăларнă.

Сĕт ытларах илнĕ тата государствăна нумайрах панă май колхозсен укçа-тенкĕ тупăшĕ чылай ӳснĕ.

Сĕт илесси тата хатĕрлесси ӳсни, государство планран иртерсе сутнă сĕтшĕн ытларах тӳлемелли тата хавхалантармалли йĕрке тунни облаçри хуласемпе район центрĕсенчи халăха сĕт тата сĕт продукчĕсем ялан çителĕклĕ сутас ĕçе организацилеме май панă. 1956 çулхи пĕррмĕш çур çулта халăха сутма сĕт 27 пин тонна, е 1955 çулхинчен 3,3 хут нумайрах илнĕ.

Государствăна каракуль-смушка тирĕсем памалли плана та срокченех 102 процент тултарнă.

Халĕ облаçри колхозсемпе совхозсенче государствăна аш-какай тата выльăх-чĕрлĕхĕн ытти продукчĕсене памалли плана, çавăн пекех выльăх апачĕн запасĕсене кирлĕ чухлĕ тумалли плана срокчен тултарас тĕлĕшпе нумай ĕçлеççĕ. Кăçал силос кашни ĕне валли 10 тоннăран кая мар хываççĕ.

### АНГРЕН ЭЛЕКТРОСТАНЦИЙĔНЧЕ ОБОРУДОВАНИ ВЫРНАÇТАРАÇÇĔ

Узбекистанри çĕр кăмрăк бассейнĕн центрĕ—Ангрен патĕнче, унтан темиçе километрта, тепловой электростанци тăвас ĕç анлă сарăлнă. Вăл Вăтам Азири чи пысăк электростанци пулать. Унăн тĕп корпусĕ питĕ çӳлĕ, инçетренех курăнса ларать.

Халĕ строительствăра чи ответлă тапхăр пуçланнă—тĕп оборудовани вырнаçтарса хума тытăннă. (ТАСС).



Иркутск ГЭС-не тунă çĕрте.

В. Мастюкова, А. Софийский фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### „Хисеплĕ шахтёр" ятне 2.500 çын илнĕ

СССР Çĕр кăмрăк промышленность министерстви 2.500 горняка «Хисеплĕ шахтёр» ятне панă. Вĕсем хушшинче — çĕр кăмрăк кăлармалли комбайн машинисчĕ В. П. Ротай (Донбасри «Красноармейскуголь» трестăн «Центральная» шахти), Кузнецкри «Маниха» шахтăра ĕçлекен электровоз водителĕ М. В. Власов, «Средазуголь» комбинатăн 9-мĕш шахтинчи навалоотбойщик Анатолий Ким, «Сучануголь» трестăн 24-мĕш шахтинчи вентиляци десятникĕ Ф. М. Балабаев тата ыттисем.

Хисеплĕ ят илнĕ çынсем пурте шахтăсенче вуншар çул е унтан та ытларах ĕçленĕ. Вĕсенчен кашниех социализмла ăмăртура пысăк çитĕнӳсем тунă. Сăмахран, Донбасри «Буденновуголь» трестăн 9-мĕш номерлĕ «Капитальная» шахтинче врубмашинист пулса ĕçлекен П. Г. Сахарĕв сменăра икĕ норма ытла тултарса пырать.

Утă пин горняка «Çĕр кăмрăк промышленносĕнчи социализмла ăмăрту отличникĕ» медальпе тата министерствăн мухтав грамотисемпе наградăланă. (ТАСС).

### КИРГИЗИРЕ КУКУРУЗАРАН СИЛОС ХЫВМА ТЫТĂННА

Киргизири колхозниксем пысăк тухăçлă кукуруза пăхса ӳстерчĕ. Уйсенче çӳлĕ ӳснĕ, пысăк пуçлă кукуруза хумханать.

Фрунзе, Джалалабад тата Ош облаçĕсенчи колхозсем çак культурăна силос тумашкăн пухса кĕртме тытăннă. Нумай хуçалăхсенче кашни гектартан 350—370 центнер кукуруза тунин-çулçи тухать. Колхозсенче кăçал силослăх культурăсем пухса кĕртмелли комбайнсемпе анлăн усă кураççĕ.

Республикăри колхозсем халех ĕнтĕ силос тума иртнĕ çулхи çак вăхăтринчен виçĕ хут нумайрах кукуруза пухса хатĕрленĕ. (ТАСС).

### ЕНИСЕЙ УРЛА ПЫСĂК КĔПЕР ХЫВАÇÇĔ

Красноярскра Енисей шывĕ урлă пысăк кĕпер хывма тытăннă.

Строительсен çур миллион кубометра яхăн çĕр чавса купаламалла. Вĕсен шыв тĕпĕнчен вуншар пин тонна çĕр чавса кăлармалла, 80 пин кубометр тимĕрбетон вырнаçтармалла. Кĕперпе дамба тăршшĕ пĕрле 3.100 метр, анлăшĕ 24 метр пулать. Кĕпер пролечĕсене уйрăм секцисенчен тăваççĕ, кашни секцин йывăрăшĕ 1.600 тонна. (ТАСС).

### ÇĔРШЫВРИ ПРЕДПРИЯТИСЕНЧЕ

*ТАСС корреспонденчĕсем пĕлтереççĕ*

• Одессăри «Продмаш» завод çĕнĕ конструкциллĕ, пысăк тухăçлă ĕçлекен машинăсем чылай тума тытăннă. Тырра пневматикăла майпа тиемелли пĕррмĕш агрегата пухса çитерчĕ. Çак машина вагон çинчи 40 тонна тырра пĕр сехет хушшинчех склада куçарма пултарать.

• Молдавири эфир çăвĕ тăвакан заводсенче мускат шалфейне массăллăн тирпейлесе çу тăваççĕ. Кăçал кунта экстракци меслечĕпе малтанхи хут анлăн усă кураççĕ. Çак меслетпе ĕçлени продукци туса кăларассине тăватă хут ӳстерме май парать. Шалфей çăвĕ тутлă шăршлă пулать.

• Кемерово облаçĕнчи Юрга хулинче кукуруза комбайнĕсем пухса хатĕрлекен завод тăваççĕ. Завод лартас тĕлĕшпе ĕçленĕ вăхăтрах халиччен туса пĕтернĕ цехсенче машинăсем туса кăларас ĕçе йĕркелеççĕ. Завод малтанхи 50 комбайна туса кăларнă.

# Тырпула тирпейлӗ пухса кӗртессишӗн, государствӑна тырӑ срокчен парса татассишӗн пыракан социализмла ӑмӑртура Красноармейски районӗ малта пырать

*Колхозниксемпе механизаторсем! Малта пыракансем пек ӗçлӗр, тырпула хӑвӑртрах, тӑкаксем тумасӑр пухса кӗртессишӗн кӗрешӗр!*

## Комбайнерсен ӑмӑртӑвӗ

Республикӑрикӑмалта пыракан комбайнерсем кӑçалхи иртнӗ çулхинчен чылай пысӑк обязательствӑсем йышӑнчӗç, вӗсене ирттерсе шурнӑçлассишӗн пӗрпӗринпе социализмла ӑмӑртӑва тухрӗç. Çак ӑмӑрту халӗ кунтан-кун анлӑрах сарӑлса пырать. Тырпула çӗнӗ меслетпе—вырса пухтарса пухса кӗртсе тата уяр çанталӑкӑн кашни сехетне туллин усӑ курса, малта пыракан механизаторсем хӑйсен ӗçӗнче пирвайхи ӳсӗмсем тума пултарчӗç. Августӑн 17-мӗшӗ тӗлне социализмла ӑмӑртура çак комбайнерсем ӑнӑçлӑ ӗçлеççӗ:

| Комбайнерсен хушамачӗсем | МТС-сем | Миçе гектар вырнӑ |
|---|---|---|
| «С-6» комбайнпа | | |
| Т. И. Иванов | Канаш | 310 |
| А. В. Киселькова | Кувакино | 285 |
| Ю. К. Горбунов | Етӗрне | 270 |
| М. И. Широнов | Етӗрне | 253 |
| А. М. Рябинин | Кувакино | 250 |
| И. П. Брейтин | Улатӑр | 237 |
| Ю. Е. Егоров | Улатӑр | 236 |
| «С-4» комбайнпа | | |
| Н. И. Сорокин | Кувакино | 325 |
| А. Р. Московкин | Куславкка | 302 |
| Г. П. Петров | Советски | 283 |
| И. М. Ильдеев | Советски | 279 |
| И. Н. Терентьев | Куславкка | 256 |
| «Коммунар» комбайнпа | | |
| Х. Л. Емелин | Кувакино | 185 |
| Г. И. Иванов | Йӗпреç | 153 |
| Н. М. Иванов | Йӗпреç | 151 |

Комбайнер юлташсем! Ӗç тухӑçлӑхне куллен ӳстерсе пырассишӗн пӗтӗм вӑя хурӑр, малта пыракан комбайнерсен опычӗпе туллин усӑ курса, колхозсене уй-хирти тырпула кӗске срокра тата пӗр тӑккаламасӑр пухса кӗртме пулӑшӑр, республикӑри ялхуçалӑх выставкине хутшӑнма тивӗçлӗ пулассишӗн ырми-канми кӗрешӗр!

**КОЛХОЗСЕНЧЕ ТЫРӐ ВЫРАС ТАТА АВӐН ÇАПАС ӖÇСЕМ МӖНЛЕ ПЫНИНЕ КӐТАРТАКАН СВОДКА**

(Августӑн 15-мӗшӗ тӗлне, процентпа)

| МТС-сем | Кӗрхи тата çураки тырӑ-сем вырнӑ | Авӑн çапнӑ |
|---|---|---|
| Красноармейски | 91,4 | 21,2 |
| Чурачӑк | 81,7 | 30,4 |
| Шӑхасан | 80,5 | 34,0 |
| Советски | 79,4 | 27,4 |
| Калинино | 78,9 | 29,8 |
| Муркаш | 77,1 | 30,8 |
| Елчӗк | 76,9 | 37,1 |
| Элӗк | 75,5 | 29,5 |
| Шупашкар | 73,5 | 53,1 |
| Вӑрнар | 72,6 | 43,0 |
| Октябрьски | 72,2 | 30,2 |
| Çӗрпӳ | 71,8 | 26,4 |
| Комсомольски | 71,1 | 34,7 |
| Сӗнтӗр | 70,7 | 31,9 |
| Сӗнтӗрвӑрри | 70,5 | 41,4 |
| Йӗпреç | 70,1 | 37,3 |
| Вӑрмар | 69,7 | 37,3 |
| Çӗмӗрле | 69,0 | 43,8 |
| Канаш | 68,1 | 42,4 |
| Хӗрлӗ Чутай | 67,5 | 29,5 |
| Тӑвай | 67,5 | 33,3 |
| Куславкка | 66,7 | 39,0 |
| Етӗрне | 66,7 | 46,4 |
| Ишлей | 66,6 | 42,8 |
| Первомайски | 65,8 | 38,8 |
| Чкаловски | 63,8 | 42,2 |
| Кувакино | 54,0 | 85,4 |
| Шӑмӑршӑ | 52,4 | 50,0 |
| Сурмайдан | 52,1 | 92,9 |
| Улатӑр | 50,4 | 68,[illegible] |
| Пӑрачкав | 48,0 | 82,8 |
| Сиява | 45,4 | 66,8 |

# ХӖРӲ ТАПХӐР

Пирӗн колхозниксем кӑçал кӳршӗри Киров ячӗпе тӑракан колхоз членӗсемпе ӑмӑртса ӗçлеççӗ. Çак ӑмӑртура пӗрремӗш вырӑн йышӑнасси хальхи вӑхӑтра тӑрӑшса ӗçлениччен килет.

Колхоз уй-хирӗсенче тырпул начарах ӳсмерӗ. Хӑшпӗр бригадӑсенче çуртрисем те лайӑх. Колхозӑн çӗр нумай мар: ыраш 210 гектар, çуртри 156 гектар кӑна.

Ыраш ӑвӑс пек хытсанах бригадӑсем çурлапа суйласа вырма тытӑнчӗç. Колхозниксем ывӑнма пӗлмесӗр ӗçлерӗç, нумайӑшӗсем нормӑна иланах ирттерсе тултарчӗç. Акӑ, сӑмахран, тӑваттӑмӗш бригадӑри Лидия Иванова, Нина Харитонова, Анна Петрова тата ыттисем кашни кунах 0,25—0,26-шар гектартан кая мар ыраш вырчӗç. Çапла вара, эпир ыраша сакӑр кун хушшинче вырса пӗтертӗмӗр.

Вырма тухсан малтанхи кунсенчех авӑн çапма пуçларӑмӑр. Машина-трактор станцийӗ тырӑ вырнӑ çӗрте çителӗклӗ пулӑшу параймарӗ пулсан, авӑн çапнӑ çӗрте лайӑх пулӑшрӗ, итем çинче «МК-1100» молотилка пӗр кӑлтӑксӑр ӗçлерӗ. Халӗ тӑваттӑмӗш бригада (бригадирӗ В. Иванов) ыраша çапса пӗтерчӗ. Малтанлӑха шутласа пӑхрӑмӑр та ыраш кашни гектартан вӑтам шутпа 13-шер центнер тухать, уйрӑм участоксем çинчен пухса кӗртнӗ ыраш гектар пуçне 15—16 центнертан кая пулмасть.

Çак кунсенче çуртри вырнӑ çӗрте кунсерен 270—300 çынран кая мар, кӗлте турттарнӑ тата капансем тунӑ çӗрте 50—70 çын ӗçлеççӗ. Паян-ыран ыраш кӗлтине итем çине кӳрсе пӗтеретпӗр.

Государствӑна тырӑ парасси ӑнӑçлӑ пулса пычӗ. Колхоз районта пуринчен малтан, августӑн 9-мӗшӗ тӗлне государствӑна тырӑ памалли çулталӑкри плана срокчен тултарчӗ тата МТС ӗçленӗшӗн натуроплата тыррине парса татрӗ. Унсӑр пуçне МТС-ӑн малашнехи ӗçӗсемшӗн аванс шучӗпе 80 центнер тырӑ хатӗрлев пунктне леçсе патӑмӑр. Çакӑншӑн ӗççынни депутачӗсен район Совет исполкомӗпе КПСС райкомӗ пирӗн колхоза районти Хисеп хӑми çине кӗртрӗç.

Халӗ пирӗн колхозниксем çуртри выраççӗ. Кӑçал хӑй вӑхӑтӗнче çумӑрсем пулманнипе çуртри начартарах çитӗнчӗ. Апла пулин те, тивӗçлӗ ытларах тӑкса çемçетнӗ лаптӑксенче çуртрисем лайӑх.

Пур бригадӑсем те вырнӑ çуртрие тӳрех итемсем çине турттарса капансене хываççӗ.

Иртнӗ çулта эпир ыраша августӑн 23-мӗшӗнче акса пӗтернӗччӗ. Çакӑ вӑл пирӗн тӑрӑхри колхозсемшӗн чи лайӑх вӑхӑт. Пирӗн колхоз августӑн 10-мӗшӗнче ыраш акма тытӑнчӗ. Пӗтӗмпех трактор сеялкипе, вӑл шутра 25 гектар хӗреслӗ майпа акса хӑваратпӑр.

Кӑçал эпир ыраша, пӗлтӗрхипе танлаштарсан, ытларах акса хӑварма йышӑнтӑмӑр, мӗншӗн тесен вӑл пирӗн условисенче пур çул та тухӑçлӑ пулать. Çавна шута илсе, эпир пусӑ çаврӑнӑшне те улӑштартӑмӑр. Иртнӗ çулта тырпулсене вунӑ уйлӑ пусӑ çаврӑнӑшӗнче акса тунӑ. Халӗ çапла турӑмӑр: пирӗн колхоз виçӗ яла пӗрлештерсе тӑрать. Кашни ялӑн (е уй-хир бригадисемӗн) хӑйне уйрӑм пусӑ çаврӑнӑшӗ йӗркеленӗ. Сӑмахран, Панкасси ялӗнче тӑватӑ уй-хир бригади, кунта сакӑр уйлӑ пусӑ çаврӑнӑшӗ (ыраш пусси виççӗ), Чучукассинче—пӗр бригада, унта çичӗ уйлӑ пусӑ çаврӑнӑшӗ тунӑ (ыраш пусси иккӗ). Иванскинчи бригада выльӑх апачӗ хатӗрлес енӗпе ӗçлет. Çакна колхозниксем хӑйсем сӗннипе, агрономпа тата бригадирсемпе правлени ларӑвӗнче тӗплӗн сӳтсе явнӑ хыççӑн турӑмӑр.

Авӑн çапнӑ май, эпир обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх валли концентратлӑ апатсем çителӗклӗ таран уйӑратпӑр. Çитес хӗлле тӑрантарма ӗнесемпе сыснасем валли пуринчен ытларах ыраш, пӑрса тата сӗлӗ уйӑрса хуратпӑр. Унсӑр пуçне кӑçал пирӗн колхоз 65 гектар кукуруза акса çитӗнтерчӗ. 38 гектар çинчи кукурузӑна фермӑри сӑвакан ӗнесене çитертӗмӗр.

Хальхи хӗрӳллӗ тапхӑрта уйрӑмах тӑрӑшса ӗçлени кирлӗ. Пирӗн колхоз ӗçченӗсем уйри тырпула тирпейлӗ пухса кӗртессишӗн, обществӑлла выльӑх-чӗрлӗх йышӗпе унӑн тухӑçлӑхне тӑтӑшах ӳстерсе пырассишӗн ывӑнма пӗлмесӗр кӗрешеççӗ.

**Г. АНДРЕЕВ.**

**Сӗнтӗрвӑрри районӗнчи «Коммунизм» колхоз председателӗ.**

## Молотилка машинисчӗ

Тырӑ сахалтарах тухнине асӑрхасанах Михаил Иванов кӗлте парса тӑракан колхозниксем патне пычӗ:

— Çак сехет хушшинче, иртнипе танлаштарсан, тырӑ 30 пӑт сахалрах тухрӗ. Кӗлтесене хӑвӑртрах парса тӑма çук-ши?..

Вӑл чӗркуçленсе ларчӗ те молотилка çине кӗлте хыççӑн кӗлте ывӑтма тытӑнчӗ. Капан сӳтекенсем те васкама пуçларӗç. Улӑм йӑтакансем патне тепӗр çын пырса çитрӗ. Улӑмра çапӑнмасӑр юлнӑ пучахсем пуррипе çуккине тӗрӗслерӗ.

— Кам вӑл, çынсене васкатаканни?

— Молотилка машинисчӗ, — терӗ МТС-ри партбюро секретарӗ Л. Макаров юлташ.—Лара-тӑма пӗлмест.

Михаил Иванов вунӑ çул хушши бичӗ пӗр улшӑнмасӑр молотилка машинистӗнче ӗçлет. Иртнӗ çулта планпа 600 тонна тырӑ çапмалла пулнӑ пулсан, Михаил Иванов 1.490 тонна çапнӑ.

Машинистӑн ӗмӗчӗсем пысӑк. Вӑл кӑçал тата пысӑкрах çитӗнӳсем тума тӑрӑшать. Тырӑ вырма тухнӑранпа 200 тоннӑна яхӑн тырӑ çапса пачӗ.

Кӑçалхи сменӑсенче ӗçлеме молотилка патне çутӑ кӗртнӗ.

«Правда» колхоз правленийӗ авӑн çапма уйрӑм бригада тунӑ. Унта кашни çын хӑй вырӑнӗнче ӗçлет.

Молотилкӑран вӗçӗмсӗр тырӑ тухса тӑрать. Ӑна михӗсене тултаракан К. Грачевӑпа Е. Андриановӑна çӑмӑлах мар пулмалла.

— Тырри кӑçал ӑнса пулчӗ,—теççӗ хӗрсем.

— Кашни гектартан вӑтам шутпа 15—16 центнер ыраш тухать,—каласа хутшӑнчӗ весовщик Г. Мошков.

Ӗçчен машинист пасӑрхи пекех хыпӑнса çӳрет. Вӑл нумай тырӑ çапса хамӑр республикӑри ялхуçалӑх выставкин участникӗ пулма право илессишӗн кӗрешет.

**Н. ОРЛОВ.**

Элӗк районӗ.

**УКЕРЧӖК ÇИНЧЕ: «Правда» колхозӑн итемӗ çинче «МК-1100» молотилкӑпа авӑн çапаççӗ. Сулахайра—молотилка машинисчӗ М. ИВАНОВ тата тракторист А. ИГНАТЬЕВ.**



# «Стена хаçачӗ—пысӑк вӑй

Ворошилов ячӗпе тӑракан колхозри колхозниксемпе колхозницӑсем тырпула тирпейлӗ пухса кӗртессишӗн, государствӑна срокчен тырӑ парса татассишӗн, вӑрлӑх фончӗсем çителӗклӗ хывассишӗн, выльӑх-чӗрлӗхе хӗл каçарма апат çителӗклӗ хатӗрлессишӗн тӑрӑшаççӗ.

Çак задачӑна пурнӑçа кӗртме «Ворошиловец» стена хаçачӗ хытӑ пулӑшать. Хаçат колхоз пуçланнӑ çулталпах тухса тӑрать. Вӑл, чылай çитменлӗхсемпе кӗрешсе пырса, колхоза республикӑра малта пыракан артельсен ретне тӑма пулӑшрӗ.

Стена хаçачӗ кӑларассине эпир мӗнле йӗркелетпӗр-ха? «Ворошиловец» пуçламӑш парторганизацийӗпе колхоз правленийӗн стена хаçачӗ. Редколлегире 7 çын. Вӗсем пурте колхоз производствинче ӗçлеççӗ. Сӑмахран, А. Горшкова Н. Ягудин юлташсем артельти чи лайӑх колхозниксем. Стена хаçачӗ кӑларас умӗн эпир малтан макет туса хатӗрлетпӗр. Унта статьясен темисене кӑтартса хуратпӑр. Ун хыççӑн редколлеги членӗсене статьясемпе заметкӑсем хатӗрлеме поручениисем паратпӑр. Материалсем пухса çитерсен, хаçата кӑларма тытӑнатпӑр.

Тырпул пухса кӗртме хатӗрленнӗ вӑхӑтра, çавӑн пекех тырпул пухса кӗртнӗ тапхӑрта тухнӑ номерсене пӑхса тухар. Вӗсенче тырпула пухса кӗртме уй-хир бригадисем мӗнле хатӗрлени, колхозниксем ӗçкунӗ минимумне мӗнле тултарса пыни çинчен тӗплӗн çырнӑ статьясем пур. Хаçат выльӑх-чӗрлӗх фермисенче ӗçлекенсен паха опычӗпе паллаштарать. Критикӑлла статьясем чылай. Сӑмахран, 4-мӗшпе 5-мӗш бригадӑсенче пӑрса çулса пуçтарас ӗç начар пулса пыни, МТС механизаторсен çитменлӗхӗсем çинчен çырнӑ заметкӑсем ӗçри кӑлтӑксене тӳрлетме пулӑшрӗç.

2-мӗш бригадӑри Социализмла Ӗç Геройӗ А. Петрова юлташ пӑрса çулса пухнӑ çӗрте хастарлӑх кӑтартрӗ. Эпир Петрова юлташран хӑйӗн ӗçӗ çинчен хаçатра каласа пама ыйтрӑмӑр. Вӑл кулленхи нормӑна мӗнле майпа 110—120-шер процент тултарса ӗçлени çинчен çырса кӑларчӗ. Петрова юлташ статьине колхозниксене вуласа патӑмӑр, унӑн опычӗпе паллаштартӑмӑр. Çакӑн хыççӑн ытти колхозницӑсем ӗç тухӑçлӑхне палӑрмаллах ӳстерчӗç. 2-мӗш бригада членӗсем пӑрса çулма каярах тухрӗç, апла пулин те ӑна икӗ кун хушшинче тирпейлӗ пухса кӗртрӗç. Тепӗр номерте Социализмла Ӗç Геройӗ Петрова юлташӑн çырӑвӗ мӗнле усӑ пани çинчен вулакансене кӗскен çырса пӗлтертӗмӗр.

Стена хаçачӗн 11-мӗш номерӗнче (вӑл июлӗн 29-мӗшӗнче тухнӑ) 4-мӗш уй-хир бригадинчи Петр Мезейкин колхозник ут таврашӗсене ирӗксӗр кӑларни çинчен заметка пичетлерӗмӗр. Пичетленӗ заметка тӑрӑх колхоз правленийӗ П. Мезейкина ответ тыттарчӗ.

Редколлеги парторганизаци ертсе пынипе ӗçлет. Партбюро членӗсем ӗçре пулӑшса тӑраççӗ. Вӑхӑтран вӑхӑта партбюро ларӑвӗнче пирӗнтен отчет илеççӗ, çитменлӗхсене кӑтартса параççӗ.

Пуçтӗ çулсенче хаçатра критикӑлла статьясем сахалтарахчӗ. Уйрӑмах колхоза ертсе пыракан çынсем çинчен сахал çыраттӑмӑрччӗ. Партбюро çак çитменлӗхе пӗтерме хушрӗ. Халӗ критикӑлла статьясем кирлӗ вырӑн йышӑнма пуçларӗç.

Хаçатра кӳршӗри Чкаловски районти «Гвардеец» колхозпа хамӑр колхоз социализмла ӑмӑртса ӗçленин итогӗсене пичетлетпӗр. Ку вӑл колхозниксене ӗçре тата хавхалантарать, пысӑк çитӗнӳсем тума хистет.

Колхозри агитаторсем хаçата колхозниксене вуласа параççӗ, унти статьясем тӑрӑх калаçусем ирттереççӗ.

Колхоз виçӗ яла пӗрлештерсе тӑнӑ май, стена хаçатне виçӗ экземпляр кӑларатпӑр. Номерсене колхозниксем йышлӑ пухӑнакан çӗре çапатпӑр, радио тӑрӑх та вуласа паратпӑр. Хаçатра «Капкӑн кӗтесси» пур.

Тухма тытӑннӑранпа хаçата 341 номер кӑларнӑ. 1957 çулта 350-мӗш номер тухнӑ ятпа парторганизацийӗ колхоз правленийӗ юбилей ирттерме палӑртрӗç.

**В. ПОРТНОВ.**

«Ворошиловец» стена хаçат редакторӗ.

Елчӗк районӗ.

* * *

Пирӗн умра «Звезда» колхоз правленийӗпе парторганизацин уйӑхра иккӗ тухса тӑракан стена хаçачӗ. Колхоз пурнӑçӗнчи çитӗнӳсемпе çитменлӗхсене вӑл анлӑн çутатса кӑтартать. Халӗ тырпула пухса кӗртнӗ вӑхӑтра ӑна тӑтӑшах кӑларса тӑраççӗ.

— Эпир хаçата эрнере пӗрре кӑларса тӑма тытӑнтӑмӑр,—терӗ пире «Коммунизмшӑн» стена хаçатӑн редакторӗ А. Николаев юлташ.

— Редколлеги членӗсем хаçатра мӗнле хутшӑнса ӗçлеççӗ?

— Редколлеги членӗсем, сӑмахран, Р. Галкина, Е. Пидюкова, М. Хаймуллина колхозницӑсем колхоз ӗçӗсенчен пӗр кунта юлмаççӗ, çав вӑхӑтрах хаçатра ӗçлеме те вӑхӑт тупаççӗ,—тет редактор.

Николаев юлташ стена хаçачӗ çинчен каласа парать. Пӗр-икӗ çул каялла хаçат йӗркеллӗ тухса тӑман, çыракансем йышӗ те сахал пулнӑ. Халӗ корреспондентсем йышӗ нумай ӳснӗ. Хаçатра çырнӑ критикӑлла статьясене колхоз правлени ларӑвӗнче сӳтсе яваççӗ. Редколлеги членӗсем корреспондентсене канашсем параççӗ, çавна пула çырма кӑмӑл тӑвакансен йышӗ ӳссе пырать.

Колхозниксемпе тачӑ çыхӑну тытни хаçата интереслӗ кӑларма май парать. Кашни номерта колхоз пурнӑçне тӗплӗн çутатса çыраççӗ. Акӑ, сӑмахран, июлӗн 27-мӗшӗнче тухнӑ номерте пурӗ 15 заметка кӗртнӗ. «Капкӑн кӗтесӗ» йӗркеленӗ. Унта ӗçрен пӑрӑнма юратакан, колхоз пурлӑхӗ çине алӑ тӑсакан çынсене питлесе çырнӑ.

Уй-хир бригадисенче, выльӑх-чӗрлӗх фермисенче, пахча çимӗç бригадинче боевой листоксем тӑтӑшах кӑларса тӑраççӗ. Боевой листок редакторӗсемпе час-часах семинарсем ирттереççӗ.

**Г. ИЛЬИН.**

Тӑвай районӗ.

## „Коммунизм ялавӗ“ хаçатра çырнӑ хыççӑн

### „УМНИКОВСЕМ“

Кӑçалхи июлӗн 22-мӗшӗнче «Коммунизм ялавӗ» хаçатра «Умниковсем» ятлӑ фельетон пичетленсе тухрӗ. Фельетон авторӗсем Сӗнтӗрвӑрринчи çу завочӗн директорне И. П. Умникова государствӑна улталама хӑтланнӑшӑн критиклесе çырнӑччӗ.

КПСС Сӗнтӗрвӑрри райкомӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, фельетон ыйтӑва тӗрӗс çутатать, райком бюровӗ Умникова парти енӗпе ответ тыттарнӑ.

### *Тӗрӗслеме янӑ çырусем тӑрӑх*

«Коммунизм ялавӗ» хаçат редакцине Комсомольски районӗнчи Жданов ячӗпе тӑракан колхозран ферма заведующийӗ В. Портнов кирлӗ пек ӗçлемечни çинчен çыру килчӗ.

КПСС Комсомольски райкомӗ пӗлтернӗ тӑрах, çырура асӑннисем, пӗтӗмӗшпе вӗсем, тӗрӗс пулнӑ, дояркӑсен ӗçне тивӗçлипе йӗркелеме пултарайманшӑн Портнова колхоз правленийӗ ферма заведующийӗн ӗçӗнчен хӑтарнӑ.

# Тӑван чӗлхене вӗрентесси çинчен

Кӑçалхи апрелӗн 4-мӗшӗнче «Коммунизм ялавӗ» хаçатра М. Федотов çырнӑ «Тӑван чӗлхене вӗрентесси çинчен» ятлӑ статья пичетленсе тухнӑччӗ.

Ку статья пирӗн редакцие çырусем килчӗç. Вӗсен авторӗсем чылай кирлӗ ыйтусене хускатаççӗ.

Педагогика институчӗн аспиранчӗ А. Горшков хӑйӗн çырӑвӗнче çамрӑк специалистсемпе усӑ курас ӗçри çитменлӗхсене кӑтартса парать, çав çитменлӗхсене пӗтерес тӗлӗшпе çине тӑрса ӗçлеменшӗн Чӑваш АССР Çутӗç министерствине критиклет.

Тӑван чӗлхе пуянлӑхӗ çинчен калануй, автор çакӑн çинчен астутарать: кашçӗр чухне докладчиксемпе лекторсем кӑна мар, учительсем те тӑван чӗлхен пӗтӗм пуянлӑхӗпе усӑ курмаççӗ, чӗлхе тасалӑхӗшӗн кирлӗ пек тӑрӑшмаççӗ.

Çырусен авторӗсем республикӑри тӗпчев институтне чӗлхе ыйтӑвӗсем тӑрӑх творчествӑлла дискуссисем час-часах ирттерме, Чӑваш АССР Çутӗç министерстви тӑван чӗлхене вӗрентмелли программӑсемпе учебниксене пичетлесе кӑларнинчен тӗплӗн тишкерсе тухма сӗнеççӗ. Çав ӗçе тӑван чӗлхене вӗрентекен учительсене, ученӑйсене анлӑрах хутшӑнтармалла те усӑллӑ пулнӑ пулӗччӗ.

Пирӗн шкулсенче тӑван чӗлхене вӗрентес ӗç мӗнле пулса пынине тишкерсе, Н. Резюков, Г. Владимиров, Д. Иванова, вӗсемпе пӗрле тата тепӗр 20 учитель хӑйсен çырӑвӗнче çапла çыраççӗ:

«Тӑван чӗлхене вӗренни чухне,—тенӗ К. Д. Ушинский,—ача вӑхӑт сасӑсене кӑна вӗренмест... Тӑван сӑмах ӑна çут çанталӑк çинчен кирек хӑш тӗпчевçӗрен те лайӑхрах ӑнлантарса парать; вӑл ачана хӑйне пӗрле пурӑнакан çынсен кӑмӑлӗпе, обществӑпа, унӑн историйӗпе, пурнӑç тӗллевӗсемпе кирек хӑш историкрен те тӗплӗнрех паллаштарать; вӑл ачана халӑх поэзине кирек хӑш эстетикран та чаплӑрах вӗрентет; юлашкинчен, вӑл ачана тӗрӗс те тарӑн шухӑшлама, философи пӗлӗвӗсене ӑнланса илме кирек хӑш философран та ытларах пулӑшать».

«Анчах,—çыраççӗ авторсем малалла,—тӑван чӗлхене вӗрентес ӗçре пысӑк çитменлӗхсем пур-ха. Пуринчен малтан программӑсемпе учебниксем çинчен калас пулать. Хальхи программӑсем тӑрӑх тӑван чӗлхен законӗсене вӑтам шкултан вӗренсе тухнӑ тӗле те вӗренсе çитме çук. Учебниксенче чӗлхен хӑшпӗр законӗсене наука енчен тӗрӗсех çутатса паман. Тӗслӗхрен, морфологире деепричастисемпе инфинитив формине пӑтраштарнӑ, синтаксисра уйрӑмтӑран вӗсӗн членсем çинчен, пӗхӑнуллӑ хутлӑ предложенисем çинчен тӗрӗс, çителӗклӗ çутатса паман.

Тӑван чӗлхене вӗрентнӗ чухне тӗл пулакан йывӑрлӑхсем çинчен М. Федотов хӑйӗн статьинче асӑннӑччӗ. Вӑл чӑваш чӗлхине вӗрентмелли учебниксем тӑван чӗлхене вӗрентекен учительсен кӑмӑлне тивӗçтерейменни çинчен, терминологи словарӗ çукки çинчен калапӑччӗ. Çав çитменлӗхсене пӗтерессипирӗнтен те, учительсенчен те, килет.

Анчах М. Федотов хӑшпӗр ыйтусене тӗрӗс мар çутатать. Вӑл педагогика институчӗн историпе филологи факультечӗн чӑваш тата вырӑс уйрӑмӗсене пӗрлештерни тӗрӗс хакламасть.

Малтанхи çулсенче çак факультетӑн чӑваш уйрӑмӗнчен вӗренсе тухнӑ учительсенчен чылайӑшӗ хальхи вӑхӑтра республикӑри шкулсенче тӑван чӗлхепе литературӑсӑр пуçне, вырӑс чӗлхи те вӗрентеççӗ. Вӗсем вырӑс чӗлхин методикине вӗренмен пирки кулленхи ӗçре тӗрлӗрен йывӑрлӑхсемпе тӗл пулаççӗ. Малашне ӗнтӗ чӑваш чӗлхипе вырӑс чӗлхи уйрӑмӗнчен вӗренсе тухнисем вырӑс чӗлхипе те, тӑван чӗлхепе те ачасене çителӗклӗ пӗлӳ пама пултарӗç. Çапла ӗнтӗ, çак уйрӑмран вӗренсе тухакансем халиччен вӗренсе тухнисенчен анлӑрах квалификаци илеççӗ.

Эпир М. Федотовӑн тепӗр шухӑшӗпе те килӗшместпӗр. Вӑл 1949 çулта Хельсинкире «Чӑваш халӑхӗн поэзийӗпе йӑлисем» ятлӑ кӗнеке кӑларни çинчен асӑнса, тӗрӗс мар пӗтӗçтерсе калать. Пирӗн ученӑйсем тӑван чӗлхене тӗпчес тӗлӗшпе питӗ пысӑк ӗçсем турӗç. Чӗлхене вӗрентес ӗçри çитменлӗхсем вӗсем тӑван чӗлхене хакламаннинчен мар, чӗлхене аталантарас тӗлӗшпе эпир хамӑр ученӑйсемпе пӗрле пиксе ӗçлеменнинчен килет».

Хаçат редколлегийӗ тӑван чӗлхене вӗрентекен учительсен çӳлте асӑннӑ çырӑвӗнчи шухӑшсемпе килӗшет. Кунпа пӗрлех редколлеги çакна йышӑнать: М. Федотов статьине тӗплӗн пӑхса тухмасӑрах пичетлесе редакци йӑнӑш турӗ.

Тӑван чӗлхене вӗрентес тата чӗлхене тӗпчес ӗçри хӑшпӗр ыйтусене тӗрӗс хускатнипе пӗрлех, М. Федотов уйрӑм фактсемпе çитменлӗхсене тӗрӗс мар ӑнланать. «1955—1956 вӗренӳ çулӗнче педагогика институтӗнчи чӑваш чӗлхи уйрӑмне хупнӑ. Кӑçал пӗр çынна та çак уйрӑма вӗренме илмен»,—тесе çырать Федотов.

Ку чӑнлӑха пӑсса кӑтартни пулать. Педагогика институтӗнчи чӑваш чӗлхи уйрӑмне хупман, хупма та шутламан. «Пӗр çынна та çак уйрӑма илмен» тени те тӗрӗс мар.

Чӑннипе ӗç акӑ мӗнле: институтӑн чӑваш чӗлхи уйрӑмӗ иртнӗ вӗренӳ çулӗнчен пуçласа анлӑрах квалификациллӗ учительсем хатӗрлеме тытӑнчӗ. Иртнӗ çулсенче çак уйрӑмран вӗренсе тухнӑ учитель чӑваш чӗлхипе литературине çеç вӗрентме пултарнӑ пулсан, халӗ вӗренсе тухакансем чӑваш чӗлхипе литературине, унпа пӗрлех вырӑс чӗлхипе литературине те вӗрентме пултараççӗ. Куншӑн хӗпӗртемелле çеç. Чӑваш чӗлхине те, вырӑс чӗлхине те лайӑх пӗлекен учитель ачасене тарӑн пӗлӳ пама пултарни, ку вара вӗренекен ачасемшӗн питӗ усӑллӑ пулни кирек камшӑн та паллӑ. Çапла пулин те М. Федотов çӳлте асӑннӑ фактра «халӑх хурлӑхне» шырать.

Чӑваш педагогика институчӗ хӑй ӗçлеме пуçланӑранпа 4.713 çын вӗрентсе кӑларчӗ. Вӗсенчен нумайӑшӗ хамӑр республикӑри шкулсенче ӗçлеççӗ. Республикӑра халӗ чӑваш чӗлхине вӗрентекен учитель çитмен пӗр шкул та çук. Ку кӑна мар. Чӑваш педагогика институтӗнчен вӗренсе тухнӑ учительсем Тутар, Пушкӑрт республикисенчи, Ульяновск, Куйбышев тата ытти облаçсенчи чӑваш шкулӗсенче те ӗçлеççӗ. Кӑçал кӑна институтран 305 çын вӗренсе тухнӑ, вӗсенчен чӑваш чӗлхипе литературине вӗрентекенсем 59 çын. Халӗ чӑваш чӗлхипе литератури тата вырӑс чӗлхипе литератури уйрӑмӗнче 160 çын вӗренет, çӗнӗ вӗренӳ çулӗнче тата 50 çын вӗренме пуçлать.

М. Федотовӑн тепӗр шухӑшӗ те тӗрӗс мар. Унӑн шучӗпе урӑх çӗршывсенче чӑваш чӗлхи ыйтӑвӗсемпе пирӗнтен те ытларах интересленеççӗ имӗш. Чӑнах та чӑваш чӗлхипе Болгарире те, Венгрире те, Финляндире те, тен тата урӑх çӗршывсенче те интересленеççӗ. Çакӑ вӑл халӑхсем хушшинче культурӑлла çыхӑнусем сарӑлнине пӗлтерет.

Чӑваш чӗлхипе хамӑр Тӑван çӗршывпа кӳршӗллӗ урӑх çӗршывсенче интересленни, тепӗр енчен, пирӗн ученӑйсем чӗлхене тӗпчесе пӗлес енӗпе тунӑ ӗçсем вӗсемшӗн те усӑллӑ пулнине кӑтартса парать. Тӑван чӗлхе ыйтӑвӗсем тӑрӑх Совет влаçӗ çулӗсенче пирӗн республикӑра темиçе çӗршер кӗнеке тата вӗсене пысӑк тиражпа пичетлесе кӑларни çинчен асӑнмасӑр, Федотов йӑнӑш шухӑш патне пырса тухать. Финляндире «Чӑваш халӑх поэзийӗпе йӑлисем» ятлӑ пӗр кӗнеке кӑларни М. Федотова çӳлте каланӑ пек вывод тума сӑлтав памасть.

Совет влаçӗ вӑхӑтӗнче тӑван чӗлхене вӗренес тата тӗпчесе пӗлес ӗçре ку таранччен тунӑ çитӗнӳсем çинчен ӗлӗк ӗмӗтленме те пултарайман эпир. Юлашки çулсенче чӑваш чӗлхи енӗпе ӗçлекен филологи наукин кандидачӗсемпе докторӗсем ӳссе çитӗнчӗç. Пирӗн ученӑйсем—В. Егоров, М. Сироткин, С. Горский тата ытти юлташсем тӑван чӗлхепе литературӑна тӗпчес тӗлӗшпе паха ӗçсем турӗç.

Тӑван чӗлхене вӗренес тата тӗпчесе пӗлес ӗçе вӑйлатма пирӗн халӗ мӗн кирли пурте пур. Хамӑр республикӑри институтра кӑна мар, Мускаври, Ленинградри, Хусанти тата ытти хуласенчи аслӑ шкулсенчен вӗренсе тухнӑ кадрсем пирӗн нумай, çав шкулсенче халӗ те йышлӑн вӗренеççӗ.

Тӗп задача çакӑнта: кадрсем хатӗрлес ӗçе малашне тата ытларах лайӑхлатасси, ку ӗçри çитменлӗхсене хӑвӑртрах пӗтерессипирӗнтен те. Анчах кадрсем хатӗрлес ӗçре çитменлӗхсем нумай-ха.

Пирӗн республикӑри наукӑпа тӗпчев институчӗ чӑваш чӗлхипе литератури енӗпе тӗпчев ӗçӗсене çителӗксӗр туса пырать-ха. Терминологи словарӗпе чӑваш чӗлхин научнӑй грамматикине пичетлесе кӑларасси вӑраха кайни çавӑн çинчен калать те ӗнтӗ. Терминологи словарӗ çукки шкулсенче тӑван чӗлхене вӗрентес ӗçре те, хаçат-журнал редакцийӗсен ӗçӗнче те пысӑк чӑрмав кӳрет. Пирӗн общество пурнӑçӗ, наукӑпа техника малалла аталанса пыраççӗ. Çавна май тӑван чӗлхе те çӗнӗ сӑмахсемпе, терминсемпе пуянлать. Анчах чылай сӑмахсене хаçатра пӗр тӗрлӗ, журналсенче тепӗр тӗрлӗ çыраççӗ. Хаçат-журнал редакцийӗсенче, кӗнеке издательствинче ӗçлекенсен вырӑсларан чӑвашла куçарнӑ чухне çӗнӗ терминсем тума тивет. 1951 çулта кӑларнӑ «Русско-чувашский словарь» паянхи ыйтусене тивӗçтереймест. Орфографи ыйтӑвӗсем пирки те çаплах каламалла.

Редакци çапла шутлать: наука работникӗсен, писательсен, учительсен—пурин те халӑхпа тачӑ çыхӑнса ӗçлемелле. Халӑх хушшинче йӗркеленсе тата халӑх чӗлхине кӗрсе пыракан сӑмахсене тӗпчесе пӗлмелле.

Тӑван чӗлхене вӗрентес ӗçе лайӑхлатас тӗлӗшпе паракан паха сӗнӳсене пурне те Чӑваш АССР Çутӗç министерстви шута илмелле, çитменлӗхсене хӑвӑртрах пӗтерме тӑрӑшмалла. Педагогика институтӗнчи чӑваш чӗлхипе литератури кафедрин ӗçне те лайӑхлатса пымалла. Çакӑ вӑл пирӗн шкулсенче вӗрентӳ ӗçне татӑклӑн лайӑхлатма пулӑшӗ.

Чӑваш халӑхӗ, мӗнпур совет халӑхӗсем пекех, советлӑ социализмлӑ строй условийӗсенче хӑйӗн хуçалӑхпа культура строительствинче пысӑк çитӗнӳсем турӗ. Чӑваш республикин хуçалӑхӗ пӗрмай тӗрекленсе тата вӑйланса пыни тӑванла ытти халӑхсем пулӑшнинчен нумай килчӗ. Пирӗн чи пысӑк çитӗнӳ вӑл—халӑхсен туслӑхӗ. Пирӗн малашне те çав туслӑха çирӗплетсе пырас пулать. Халӑхсен туслӑхӗ вӑл—пирӗн çӗнтерӳсен хӑвачӗпе тата хӑватлӑ çӑлкуçӗ.

# 1956 çулхи Чăваш АССР-ĕнчи ялхуçалăх выставкине хутшăнмалли условисем

Колхозсене, совхозсене, МТС-сене, хушма хуçалăхсене, районсене тата ялхуçалăхĕнче малта пыракансене, вĕсем кăçал иртнĕ çулхинчен ялхуçалăх продукчĕсем нумайрах илнĕ, тырă акмалли плана тултарнă пулсан, государствăна обязательнăй йĕркепе тата МТС ĕçленĕшĕн натуроплата тырри памалли плана, контрактаци йĕркипе тата закуп шучĕпе тырă сутмалли плана тултарнă пулсан, пĕтĕм лаптăк çинчен ялхуçалăх продукчĕсем çак виçерен кая мар илнĕ пулсан, республикăри ялхуçалăх выставкине хутшăнма ирĕк парас:

### ХУРТ-ХАМĂР ĔРЧЕТЕС ЕНĔПЕ

Колхозсемпе малта пыракансен вăрманти утаресенче 75 вĕллерен кая мар тытмалла, кашни вĕллерен 35 килограмм пыл, 0,7 килограмм ăвăс илмелле, уйри утаресенче—50 вĕллерен кая мар тытмалла, кашни вĕллерен 30 килограмм пыл, 0,6 килограмм ăвăс илмелле. Кашни вĕлле валли хĕл каçарма 18—20 килограммăн кая мар, страховой фонда—5 килограмран кая мар пыл хăвармалла.

### ПАХЧА ÇИМĔÇ КУЛЬТУРИСЕН ТАТА ТЫМАРÇИМĔÇСЕН ВĂРРИ ТУСА ИЛЕС ЕНĔПЕ

Колхозсен тата вăрă туса илес енĕпе ĕçлекен бригадирсен кашни гектартан çакăн чухлĕ вăрă туса илмелле: Муромски хăяр 2,5 центнер, Вязниковски хăяр —2,0 центнер, помидор—40 килограмм, шурă пуçлă купăста—3 центнер, симĕс сухан—3 центнер, вăрăлăх сухан —50 центнер, кишĕр—3 центнер, кăшман—15 центнер, выльăх кăшманĕ—18 центнер, турнепс—4 центнер, пахча çимĕçлĕх пăрçа—18 центнер, черные русские йышши пăрçа—6 центнер.

Кунсăр пуçне пахча çимĕç тата тымарçимĕç вăррине контрактаци йĕркипе хатĕрлесе памалли плана тултармалла.

### КОЛХОЗСЕНЧИ СТРОИТЕЛЬСТВО ЕНĔПЕ

Районсен тата колхозсенчи строительство енĕпе ĕçлекен пайсен—силос сооруженийĕсем тумалли çулталăкри плана августăн 25-мĕшĕ тĕлне, выльăх-чĕрлĕх тата чăх-чĕп витисем тумалли плана—октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултармалла.

Колхозсен çак условисенчен пĕрне пурнăçламалла:

а) силос сооруженийĕсем тумалли çулталăкри плана августăн 1-мĕшĕ тĕлне, выльăх-чĕрлĕх тата чăх-чĕп витисем тумалли плана—октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне пурнăçламалла. Ĕç пахалăхĕ лайăх пулмалла;

б) типовой проектсем тăрăх кирпĕчрен е ытти йышши çирĕп материалран икĕ витерен кая мар лартмалла, унти йывăр ĕçсене механизацилемелле (автопоилка вырнаçтармалла, çӳлтен çакнă тимĕр çул кĕртмелле);

в) колхозра сезон хушшинче 150 пин хĕртнĕ кирпĕч туса хатĕрлемелле.

Колхозсенчи строительство енĕпе ĕçлекен пай работникĕсен хăйсене çирĕплетсе панă участоксенче выльăх-чĕрлĕх тата чăх-чĕп витисем тумалли çулталăкри плана октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне, силос сооруженийĕсем тумалли плана—августăн 25-мĕшĕ тĕлне тултармалла. Ĕç пахалăхĕ лайăх пулмалла. Строительство бригадисен хăйсен заданийĕсене палăртнă срокра тултармалла, ĕçе пахалла тумалла.

Инженерсемпе техниксен, строительство бригадисен бригадирĕсен тата бригада членĕсен çак условисенчен пĕрне пурнăçламалла:

а) вырăнти строительство материалĕсем тăвас тата вĕсемпе çурт-йĕр тунă çĕрте усă курас енĕпе рационализаторла сĕнӳ памалла, ăна ĕçе кĕртмелле;

б) выльăх-чĕрлĕх витисем, производствăпа хуçалăх, культурăпа йăла çурчĕсем тата ытти объектсем лартмалли вырăнсене палăртса лайăх схемăсем тумалла.

## Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветра

## Промышленность, транспорт тата суту-илӳ предприятийĕсем 1956 çулхи II-мĕш кварталта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсем çинчен

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсовет промышленность, транспорт тата суту-илӳ предприятийĕсем 1956 çулхи II-мĕш кварталта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсене пăхса тухса çапла йышăннă:

### КОММУНАЛЬНАЯ ХУÇАЛĂХĂН ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне **Атăл леш енчи электростанцирех** хăвармалла тунă (директорĕ **Зубов** юлташ, завком председателĕ **Костров** юлташ). Çак электростанци электроэнерги туса кăлармалли плана 120,3 процент тултарнă, электроэнергин хăйне лекекен хакне 5,6 процент йӳнетнĕ, планран ирттерсе 179 пин тенкĕ таса тупăш тунă.

Водоканализаци управленийĕ, Шупашкар хулинчи электростанци, ремонтпа строительство кантурĕ тата гостиница лайăх ĕçленине палăртнă.

### ПОЛИГРАФИ ПРОМЫШЛЕННОÇĔН ПРЕДПРИЯТИЙĔСЕМ ЕНĔПЕ

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсоветăн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне **Шăмăршă районĕнчи типографие** памалла тунă (типографи мастерĕ **Андреев** юлташ, профорг **Смирнова** юлташ). Çак типографи продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмпе 127 процент, таварлă продукци туса кăлармалли плана—139,8 процент, ĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана—127 процент тултарнă.

Ишлей, Первомайски тата Шупашкар районĕсенчи типографисем лайăх ĕçленине палăртнă.

Суту-илӳ предприятийĕсем, столовăйĕсем тата машина-трактор станцийĕсем социализмла ăмăртăвăн условийĕсене пурнăçламан пирки, куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавсене никама та паман.

## Çĕнĕ кĕнекесем

Чăваш государство издательстви юлашки вăхăтра çакăн пек кĕнекесем пичетлесе кăларнă:

**Е. Н. Филимонова.** «Кулленхи пурнăçра пулакан сурансенчен сыхланасси».

Кĕнеке хакĕ 75 пус, тиражĕ 2 пин экз.

**Я. Ф. Федотов.** «УП-хирте опытсем тăвасси».

Кĕнеке хакĕ 60 пус, тиражĕ 2 пин экз.

**Н. В. Рябов.** «Çĕнелнĕ ял».

Кĕнеке хакĕ 65 пус, тиражĕ 5 пин экз.

# Лайăх ĕçлекен сменăсенчен пĕри

Канашри вагонсем юсакан заводри механически цехăн сварочно-комплектовочнăй уйрăмне иртнĕ çулта ĕçе янă. Кунта прессем, сверлильнăй, клепальнăй станоксем, сварочнăй сурма-автоматсем, электрокран вырнаçтарса лартнă.

Ку уйрăмра вагонсем юсама кирлĕ детальсем—люксем, алăк стойкисем, шкивсем, угольниксем, клепкăсем туса хатĕрлеççĕ. Çавсене тума ăста рабочисемпе мастерсем кирлĕ.

Вĕсем кунта пур. Акă, смена мастерне Емельян Петрович Памирова илер. Вăл, çак уйрăмра çулталăк çеç ĕçлет пулин те, хăйĕн пуçарулăхне аван кăтартрĕ. Унăн смени темиçе хутчен чи лайăх ĕçлекен смена ятне илме тивĕçлĕ пулчĕ. Çак смена кашни уйăхрах хăйне панă заданисене ирттерсе тултарать, пĕр браксăр ĕçлет. Унăн сменинче ĕç нормине тултарсă пырайманнисем çук.

Алăкран кĕресенех кăтарту хăми çакăнса тăрать. Унта сменăра тата иртнĕ уйăхри ĕç итогĕсем çинчен çырса кăтартнă. Ĕç хыççăн кунта рабочисем йышлăн пухăнчĕç.

— Кайра пыма намăс. Хамăр смена чысне вараламăпăр,—тет куллен ик-виçшер норма тултаракан Н. Счетчиков слесарь.

Июль уйăхĕнче кашни сменăн 230 тонна детальсем туса кăлармалла пулнă. Памиров юлташ смени 255 тонна, Иванов мастер смени—232,8 тонна туса кăларнă. Иртнĕ талăкри результатсем те рабочисене савăнтараççĕ. Пamиров мастер смени 8,85 тонна вырăнне 12,5 тонна деталь туса кăларма пултарнă.

Калаçăва Емельян Петрович хутшăнать. Вăл рабочисене тунă çитĕçӳсем нимĕн чухлĕ те лăплантарма кирлĕ марри çинчен калать.

— Енер те çитменлĕхсем пулчĕç, хăшпĕр детальсем тума материал пулмарĕ,—тет вăл.

Рабочисем хăйсем тунă ĕçсемпе йывăрлăхсем çинчен каласа параççĕ.

— Паян эпĕ лайăх ĕçлерĕм,—тет Алексей Лопаев электросварщик.—Нормăна виçĕ хута яхăн ирттерсе тултартăм. Эпĕ тунă пур детальсене те ырларĕç.

Паян кăна мар, ытти кунхи тĕслĕхсем те Лопаев юлташăн начар мар. Кашни кун тенĕ пекех вăл нормăна 250—280 процент тултарать. Çак çамрăк сварщик пулса заводра виçĕ çул кăна ĕçлет-ха. Халĕ вăл сварщик ĕçне çеç мар, люксемпе шкивсем пухакан сборщик ĕçне те çăмăллăнах тăвать. Нумаях пулмасть вăл «ПШ-5» маркăллă сурма-автоматпа ĕçлеме вĕренме тытăнчĕ.

В. Измайлов—Лопаев электросварщикăн ученикĕ пулнă. Çак кунсенче вăл IV разрядпа ĕçлеме кусрĕ, ĕç нормине икĕ сурă хут ирттерсе тултарать.

— Мана ĕçре хăйăр мастер Памиров юлташ пысăк пулăшу парать,—тесе каласа парать Измайлов юлташ.—Вăл пире çитменлĕхсене пĕтерме пулăшать, кирлĕ чухне хăй туса кăтартать. Вăл ялан рабочисемпе пĕрле.

Çавăн пек ырă ятпа асăнаççĕ хăйсен мастерĕ çинчен ытти рабочисем те.

Памиров юлташ ĕç вĕсленнĕ хыççăн та киле васкамасть. Вăл паянхи ĕçĕн итогĕсене пăхса тухать, ун çинчен производство пайне пĕлтерет, ыран детальсем туса кăларма кирлĕ материал хатĕрлеме тимĕрçĕ цехне заказ парать.

Смена коллективĕ лайăх ĕçлесси производствăна лайăх йĕркеленинчен килнине çак мастер ялан асра тытать. Унăн сменинчи рабочисем ĕç вырăнне таса та тирпейлĕ тытаççĕ, материалсемпе детальсем шыраса вăхăта ирттермеççĕ, вăхăтпа туллин усă кураççĕ. Кунта кашни уйăхра производствăлла канашлусем ирттереççĕ. Унта ĕç итогĕсене хĕрӳллĕн сӳтсе яваççĕ.

Малта пыракансен опытне сарас тĕлĕшпе те кунта чылай ĕçсем тăваççĕ. Нумай пулмасть пилĕк çын пăллă электросварщикăн В. Алексеев юлташăн опытне вĕренчĕç. Алексеев юлташ çĕнĕ люксем пысăк йĕтелĕхпа тата хăвăрт пухать. Унăн опытне вĕреннĕ хыççăн ытти рабочисем те ĕç тухăçлăхне чылай ӳстерчĕç. Малтан сменăра 24 люк пухнă пулсан, халĕ 36 штук таран пухса хатĕрлеççĕ.

Хальхи вăхăтра тата пилĕк электросварщик сурма-автомат çинче ĕçлекен Белешев сварщикăн опытне вĕренеççĕ. Çак новатор ĕç нормине виçĕ хута яхăн ирттерсе тултарать, лайăх детальсем çеç туса кăларать.

Рабочисем мастер пулăшнипе хăйсен пĕлĕвĕсене ӳстереççĕ, технологи йĕркине урăхлатса çĕнетес тĕлĕшпе те вăл хурса ĕçлеççĕ. В. Ивановна Астафьев электросварщиксем чугун çул транспорчĕн каçхи техникумĕнче вĕренеççĕ.

Малтанхи вăхăтра шкива коробкăпа çыхăнтарнă чухне обод витев вăхăта усăсăр чылай ирттернĕ. Слесарь-сборщик Д. Сӳрков юлташ сĕннипе çав ĕçе халĕ урăхла майпа—обод витмесĕрех, шкива ятарласа çапнă пăтасем çине вырнаçтарса тăваççĕ. Ку—ĕç тухăçлăхне пĕрре сурă хут ӳстерме май панă. Кунсăр пуçне ĕлĕкрех шкива 80 сантиметр сӳлĕш плита çине хурса йĕркеленĕ. Сурков юлташ çак плитана 15 сантиметр сӳлĕш çеç тума сĕннĕ. Çак сĕнĕве пурнăçланă ĕнтĕ. Çапла вара 80 килограмм туртакан шкива халĕ 80 сантиметр сӳлĕш плита çине мар, темиçе хут лутрарах плита çине çеç йăтса хумалла.

Буксовой крышкăсене ятарласа вырнаçтарнă станоксем çинче сыпăçтарма тытăнни те ĕç тухăçлăхне икĕ хут ытла хăпартма май пачĕ. Çав ĕçе пневматика мăлатукĕпе тунă чухне пĕр рабочи кунне 25—30 крышка сыпăçтарнă пулсан, халĕ çăмăллăнах 60—70 штук сыпăçтарать.

— Производствăпа çĕнетсе лайăхлатас тĕлĕшпе тумалли ĕçсем татах пур. Çавсене пурнăçлассишĕн коллективăн тата тимлĕрех ĕçлемелле,—тет мастер.

СССР Министрĕсен Совечĕ мастерсен рольне ӳстерес тĕлĕшпе йышăннă постановление пурнăçласа, цехра мастер фончĕ тунă. Çав фондри укçана мастер пĕлсе расходлать. Ĕçре малта пыракансене е производство ĕçне лайăхлатас майпа ырă пуçару тунă производственниксене премии параççĕ.

Емельян Петрович Памиров, производство ĕçне лайăхлатассишĕн вăл хурса ĕçленипе пĕрлех, хăйĕн пĕлĕвне ӳстерсе пырать. Пушă вăхăтра хаçат-журнал, техникăлла тата илемлĕ литература вулать. Вăл—цехри агитатор. Пултаруллă мастер рабочисене тухăçлă ĕçлеме витĕмлĕ сăмахпа та, практикăлла ĕçпе те вĕрентсе пырать.

Сменăри рабочисем хушшинче халĕ çулталăкри плана Октябрьти Социализмла Аслă революци пулнăранпа 39 çул çитнĕ тĕле тултарассишĕн ăмăрту сарăлса пырать.

**Х. ЛИСИН.**
(Хамăр корр.).

## Колхозсенчен пĕлтереççĕ

ВĂРНАР. Çĕрпелĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз иртнĕ çул сысна ферминчен 105 пин тенкĕ тупăш илчĕ. Кăçал артельти сысна пăхакансем çак тупăша 300 пин тенке çитерессишĕн кĕрешеççĕ. Августăн 1-мĕшĕ тĕлне фермăран 100 пин тенкĕ ытла тупăш илнĕ те ĕнтĕ. Халĕ артельте 590 сысна самăртма хупнă. Вĕсене симĕс апат тата концентрат çителĕклĕ параççĕ. Самăртма хупнă кашни сыснан чĕрĕ виçи талăкра вăтам шутпа 500—600 грамм хушăнса пырать.

**А. НИКОЛАЕВ,**
**Х. КУЗНЕЦОВ.**

СОВЕТСКИ. «Герой» колхоз кăçал кукурузăран 1.000 тонна силос хывса хăварать. Ку таранччен 300 тоннăна яхăн силос хывнă.

**С. СЕРГЕЕВ.**

Фельетон

# Пыллă сăра мухмăрĕ

— Пыллă сăрана чухласа ĕçес пулать, вăл чĕлхене çыхлăнтарать,—тенĕ ĕлĕк ваттисем.

— Вăл чĕлхене çеç мар, ал-урана та çыхлантарса лартать,—теççĕ Октябрьски районĕнчи илменкассисем.

Ахальтен каламан иккен унта çав сăмахсене. Карселĕ пылран тунă сăра, чăнах та, «Культура» колхоз председателĕн Михаил Романовичăн чĕлхи-çăварне те, ал-урине те, шухăш-кăмăлне те çыхмаллипех çыхса лартнă.

... Çуркуннехи ăшă кун пулнă ун чухне. Ирхине Михаил Романович тăрантас çине ларнă та Хаснар еннелле вĕçтернĕ. Часах вăл вăрмана çитсе кĕнĕ. Шĕшкĕлĕхре сайра хутра шап-шурă чечек çурнă çĕмĕртсем курăннă. Тĕрлĕ кайăк тĕрлĕ юрă шăрантарнă. Михаил Романович та тунсăхламан. Вăл хăй те сисмен, Хаснарти шыв арманĕ патне çитсе тухнă. Арман чулĕ кăлтăртатнă сасă, Атăл çинче пăрахутсем кăшкăртни илтĕннĕ, анчах тăрантас çинче ларса пыракан Михаил Романович вĕсене мар, урăх сасса илтесшĕн пулнă. Кунта, арман çывăхĕнче, колхозăн пĕррехмĕш утарĕ пур: Колхоз председателĕ пыл хурчĕсем йăрлатса вĕçнине курма ĕмĕтленнĕ. Çук, унăн куçĕ кăçал хуртсем пĕлтĕрхинчен сахалтарах вĕçнине асăрханă.

— Сывлăх мĕнле? Вĕллесене пăхма ĕлкĕртĕн-и? Миçе вĕллере хуртсем юлнă?—ыйту хыççăн ыйту панă колхоз председателĕ хăйне хирĕç тухнă утар заведующине.

— Чылай пĕтнĕ çав,—ответленĕ Варсанофий Гусев.—Çуррипчен те сахалтарах юлнă. Сахăр маларах илсе килнĕ пулсан, кун пек иккĕке курмастăмăрччĕ те...

— Вĕллесенче караслă рамăсем пур-и? Сыхланса юлнă-и? Пăсăлман-и?—чарăнмасăр ыйтнă Романов.

...Михаил Романович утарта пулни ахаль иртмен. Пĕррехинче, правлени чĕнтернĕ май, канцелярире Валентина Соловьева, Манефа Уткина, Христина Кольцова кĕрсе тăнă.

— Ну, вот,—тенĕ вĕсене председатель.—Эсир, сăра ăстисем, паянах Хаснара, утара каятăр. Унта пурте хатĕр. Варсонофий сире пыл парать, эсир ăна вĕрететĕр, юхтаратăр, сăрăхтаратăр, сĕретĕр. Ну, пĕр сăмахпа каласан, пĕр курка ĕçсенех тӳнсе каймалла сăра тăватпăр...

Вара сăра тунă. Сахал мар пулнă вăл. Председатель кашни кун Хаснара кайнă, кашни кун киле ӳсĕр таврăннă. Пуçламăш парторганизаци секретарĕ Василий Карпович Крылов дегустатор пулнă: вăл сăрана никамран малтан тутанса пăхнă, ăна ырланă е хурланă. Тĕрĕссипе, ытларах ырланă...

— Ку сăрана ăçта хурса пĕтерĕпĕр?—ыйтнă пĕр-пĕринчен ĕçлĕ çынсем.—Пурне те хамăр ĕçсе яраймăпăр... Колхозниксенчен те аван мар...

— Сутас, пасарта тата ялта сутас. Литрне пилĕк тенкĕрен кая парас мар.

Анчах сăра пасарта та, ялта та сутăнман. Вара тахăшин пуçне пĕр ансат шухăш пырса кĕнĕ.

— Хамăр колхозниксене кивçен ĕçтерес те, лицевой счет çине çырса пырас, кĕркунне, ĕçкунĕ тăрăх тырă, пахча çимĕç тата укçа-тенкĕ валеçнĕ чухне сăрашăн тытса юлăпăр.

Шутланă—тунă. Кивçен сăра ĕçтермелле тунине çинчен бригадăсенче хыпар хăвăрт сарăлнă, вара паратчаккисем, илменкассисем, васликассисем сăра патне утма пуçланă. Пĕр литр ĕçетĕн, Гусев хут çине паллă тăвать, иккĕ—иккĕмĕш хут... Ырă шухăшлă колхозниксем ку сăрана ыраман, анчах хăшпĕрисемшĕн кивçен сăра ĕçме ансат пек туйăнни. 117 çын пĕтĕмпе 580 литр, 2.904 тенкĕлĕх ĕçсе яраççĕ. Кашнин лицевой счечĕ çинче сăра укçи çырăннă. Михаил Романовичăн вара, сăра пур чухне пĕр кун та урă çӳременскерĕн, лицевой счечĕ таптаса, сăра шăрши çук унăн счечĕнче. Вăл е унăн хурăнташĕсемпе туссем ĕçнĕ сăра хут çинче палăрса юлман, Хаснаркка тăрăх Атăла юхса тухнă пекех çухалнă.

Пыллă сăра колхоз руководителĕсене мухмăрпа асапланарнă кăна мар, вĕсен куç çутине те тĕксĕмлетнĕ. Вĕсем колхозри йĕркесĕрлĕхсене курми пулнă. Акă, сăмахран, Илменкассинчи Анна Михайлова пĕлтĕр те, кăçал та ятти кил вырăнĕсене укçалла, йӳнĕ хакпа тара илет, темĕн чухлĕ утă çуласа пуçтарать. Çуркунне вара колхоз правленине пырса сĕнет. Кăçал çуркунне колхоз патне 30—40-шер тенкĕ тӳлесе Анна Михайловăран утă туянни.

Тăваттăмĕш уй-хир бригадине ертсе пыма Николай Скворцов коммуниста хушнă. Ĕçлекелет вăл, анчах Михаил Романовичшăн вăл «ăста бригадир» шутланать, мĕншĕн тесен парти пухăвĕнче колхозри çитменлĕхсемшĕн Романова ятлама тытăнсанах, Скворцов ăна хӳтĕлеме пуçлать. Николай Скворцов çавăншăн хăй те усă курса юласшăн. Вăл Илменкассинче Кайрикас урамĕнче пурăнать. Унăн ашшĕ те çак пӳртрех ĕмĕр ирттернĕ, пурте çителĕклĕ пулнă. Анчах Скворцова хăйĕн кил вырăнĕ кăçалтан пуçласа килĕшми пулнă. «Мĕскер пуçа ватмалли пур, хамăн киле хирĕç пушă вырăн пур, çавăнпа усă курмалла çеç», тенĕ вăл. Халĕ унăн икĕ кил вырăнĕ.

Илменкассинче уй хуралçи тата ирĕклĕ пушар дружинин начальникĕ пур — Прохор Данилов. Вăл колхоз председательне хăйĕн куккăшĕнчен ытла хисеплет. Кăçал июнь уйăхĕнче, пĕр çăвартан ĕçсе çиnĕ чухне, Прохор Даниловичăн кăмăлĕ уçăлса кайнă, колхоз председательне Михаил Романовича кĕсъере чиксе çӳремелли сехет парса парнеленĕ.

— Пĕр-пĕрне манмăпăр,—тенĕ Данилов.

— Çапла пултăр,—ответленĕ Романов.

Прохор Данилова çакă кирлĕ те. «Сехет вăл нимĕн те мар, колхоз председателĕпе çывăх пулни сан хакс çук», шухăшланă сехет хуçи. Чăнах та, вăл никамран ыйтмасăрах, уй хуралçине пушар дружини начальникĕн ĕçне пăрахса, Атăл тăрăх çĕрулми, помидор сутса çӳрет.

Пыллă сăра мухмăрĕ йывăр, теççĕ Нарат Чаккинче. Çапла пулĕ, мĕншĕн тесен Михаил Романович та, парторганизаци секретарĕ Крылов та, колхозниксем уйхирте тырă вырнă çĕрте сайра пулаççĕ, выльăх-чĕрлĕх фермисенче те курăнмаççĕ вĕсем. Ахальтен мар ĕнтĕ «Культура» колхоз тырă вырас енĕпе те, аван çапас тĕлĕшпе те районта чи кайра пырать. Фермăсенче те çитменлĕхсем сахал мар.

Сысна ферминче М. Орлов ĕçлет, унăн тусĕ Г. Соловьев—кладовщик. Ансат пурăнаççĕ çак куммсем. Сăмахран, Соловьевăн хăйĕн килĕнче вĕтĕ çĕрулми пур. Каллех никамран та ыйтмаççĕ. Соловьев вĕтĕ çĕрулмине лав çине тиет те фермăна, Орлов патне леçсе парать, фермăран шултра çĕрулми тиесе таврăнать.

Пыллă сăра мухмăрĕ кунта та Романовăн куç çутине тĕксĕмлетнĕ.

Скворцовсемпе соловьевсем питех те хисеплеççĕ, сума сăваççĕ Михаил Романовича, унсăрăн пурнăç та кичем туйăнать вĕсемшĕн.

Анчах ĕçчен колхозниксем колхоз руководителĕсен мухмăрне хăвăртрах уçасса шанса тăраççĕ.

**К. НАМАНГАН.**

# Совет Союзĕпе Финлянди хушшинчи туслăха малалла çирĕплетессишĕн

Çитес кунсенче СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. Е. Ворошилов Финляндие каять. Çакăн тĕлевне К. Е. Ворошиловпа Финлянди президенчĕ У. К. Кекконен пĕр-пĕрин патне янă посланисенче уççăн палăртса панă. К. Е. Ворошилова Финляндие пыма чĕнсе, Урхо Кекконен çакна шанса тăни çинчен каларĕ: ку вăл «пирĕн çĕршывсем хушшинчи лайăх, туслă çыхăнусене кăтартса паракан çĕнĕ паха ĕç пулнă пулĕччĕ». Чĕнĕве йышăнса, К. Е. Ворошилов хăй çакна чĕререн шанса тăни çинчен каларĕ: «пирĕн государствăсем хушшинчи туслăха тата пĕр-пĕрне шанса тăрассине малалла çирĕплетни Европăри мирпа лăпкăлăхшăн кирлĕ ĕç пулса тăрать, çакăншăн Совет Союзĕ ывăнма пĕлмесĕр тăрăшать».

К. Е. Ворошилов Финляндие кайни Совет Союзĕпе Финлянди пĕр-пĕринпе туслăн килĕштерсе ĕçлессине малалла вăйлатма, пĕтĕм тĕнчери мире çирĕплетме пулăшĕ. Ку вăл пирĕн Тăван çĕршыв хăйĕн çурçĕр енчи кӳршин тĕлĕшпе 39 çул хушши пурнăçласа пыракан политикăран тухса тăрать.

Пурте лайăх пĕлеççĕ, Финлянди хăйĕн никама пăхăнманлăхĕпе государство суверенитетне, «Вапаа сана» хаçат сăмахĕсемпе каласан, «аслă совет халăхĕ аллинчен илчĕ». Финляндин никама пăхăнмасăр пурăнакан государство пулса тăрассин çинчен калакан декрет çине 1917 çулхи декабрĕн 31-мĕшĕнче В. И. Ленин алă пуснă.

Пирĕн çĕршыв финн халăхне яланах ырă суннă, халĕ те çавăн пекех ырă сунать. Çакна ăна Совет Союзĕпе Финлянди хушшинче тĕнчери иккĕмĕш вăрçа хыççăн йĕркеленнĕ çыхăнусем уйрăмах ĕнентерӳллĕн кăтартса параççĕ.

Вăрçă хыççăнхи малтанхи çулсенче Совет Союзĕ финн халăхне апат-çимĕç тăратас ĕçри йывăрлăха пĕтерме, промышленность валли шĕвĕ топливăпа çĕр кăмрăкĕ, выльăх-чĕрлĕх валли апат тăратма пулăшрĕ. Совет Союзĕ ырă кăмăлпа пулăшни çине таянса, хăйĕн шалти ресурсĕсемпе усă курса, Финлянди хăйĕн экономикине Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсен чуралăха кĕртсе ӳкерекен «пулăшăвĕсĕрех» тĕреклетме пултарчĕ. Совет Союзĕ ырă кăмăлпа тунă ĕçсем, çав шутра финсем вăрçă вăхăтĕнче сиен кӳнĕшĕн тӳлесе татмалли срока тăсни тата вăрçă вăхăтĕнче Совет Союзĕнчен илсе кайнă пурлăха валли тавăрас тĕлĕшпе пулакан расходсен чылай пысăк пайĕнчен хăтарни Финлянди экономикине тĕреклетес ĕçре пысăк вырăн йышăнчĕ. Финлянди малтан перемирие çинчен тунă килĕшӳре, унтан мирлĕ договорта палăртса хунă требованисене пурнăçласа пычĕ.

Совет Союзĕпе Финлянди хушшинче пĕр-пĕрне усă кӳрес, хисеплес йĕрке çинче никĕсленсе тăракан çыхăнусем аталанса пынине пула 1948 çулхи апрель уйăхĕнче Совет Союзĕпе Финлянди пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси, килĕштерсе ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен договор турĕç.

Договор тунă чухне икĕ çĕршывĕ те хăйсем хушшинчи туслăха малалла аталантарас, çавăн пекех пĕтĕм тĕнчери мирпе хăрушсăрлăха çирĕплетес тĕлĕшпе чылай обязательствăсем илчĕç. Договор положенийĕсене пурнăçлани Совет Союзĕпе Финлянди хушшинче лайăх хутшăнусем тума май пачĕ. Çак хутшăнусем, Урхо Кекконен президент пулнă тĕрĕс каланă пек, çакна кăтартса параççĕ: «аслă халăхпа пĕчĕк халăх, хăйсен государствисен экономика системисем тĕрлĕ принципсем çинче никĕсленсе тăраççĕ пулсан та, пĕр-пĕрин хушшинчи хутшăнусенче мир политики, пĕр-пĕрне шанса тăрас политика тытса пыма пултараççĕ». Урăхла каласан, 1948 çулта тунă договор Совет Союзĕпе Финлянди мирлĕ пурăнасси, пĕр-пĕринпе туслăн килĕштерсе ĕçлесси патне илсе çитерчĕ.

Икĕ çĕршыв пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăннин пĕлтерĕшне палăртса, К. Е. Ворошилов çапла каларĕ: «ССР Союзĕпе Финлянди пĕр-пĕринпе чĕререн килĕштерсе ĕçлени Совет Союзĕнчи, çавăн пекех Финляндири халăхсен тĕп интересĕсемпе килĕшсе тăнине пурнăç хăй, пирĕн хушăри юлашки çулсенчи çыхăнусен опычĕ çирĕплетсе пачĕç». Çакна ăна нумай тĕслĕхсем, çав шутра икĕ çĕршыв хушшинчи экономика çыхăнăвĕсене пырса тивекен тĕслĕхсем кăтартса пачĕç.

Суту-илӳ килĕшĕвĕсем тăрăх Финлянди Совет Союзне тинĕс карапĕсем, машина оборудованийĕ тата вăрмапа хут промышленноçĕн тĕрлĕ продукцийĕсем тăратать, çакăншăн вăл пирĕнтен тырă, çĕр мамăкĕ, нефть продукчĕсем, автомобильсем, промышленность оборудованийĕ, металсем, удобренисем илсе тăрать. Совет Союзĕпе Финлянди экономика тĕлĕшĕнчен тачă çыхăнса ĕçлени пысăк вырăн йышăнса тăнине, уйрăммăн илсен, Совет Союзĕ пăрçĕмĕрен карапсем тума панă заказсене Финлянди ăнăçлă пурнăçланине кăтартса парса, А. И. Микоян çапла каларĕ: «Совет морякĕсем финн мастерĕсем тунă пăрçĕмĕрен карапсем çинче ĕçлеççĕ. Ку вăл символла ĕç пулса тăрать. Çапла ĕнтĕ, тăрăшса тăвакан ĕçре кӳршĕллĕ икĕ халăх пĕр-пĕринпе çывăхланса пыраççĕ, вĕсен туслăхĕ ытларах та ытларах çирĕпленет... Ку вăл кӳршĕллĕ çĕршывсем хушшинче ăнсăртран, вăхăтран вăхăта килсе тухакан суту-илӳ ĕçĕ мар, вĕсем хушшинче ĕçе йĕркеллĕ валеçни пулса тăрать». Совет Союзĕпе Финлянди хушшинчи экономика тĕлĕшĕнчи мĕнпур çыхăнусем вăйланса пыраççĕ; 1955 çул тĕлне вĕсем хушшинчи тавар çаврăнăшĕ, 1950 çулхипе танлаштарсан, 3,5 хут ӳсрĕ.

Финляндипе Совет Союзĕ экономика тĕлĕшĕнчен тачă çыхăнса ĕçлени, пĕр-пĕринпе суту-илӳ туни вĕсене иккĕшне те усă кӳрет. Çакна кура вĕсем вăрăм срокла суту-илӳ килĕшĕвĕсем тума шут тытрĕç. Çавăн пек пĕрремĕш килĕшӳ çине 1950 çулта алă пуснă, вăл 5 çула пычĕ. Иккĕмĕш килĕшĕве 1956—1961 çулсем валли тунă. Килĕшӳре палăртнă тăрăх, икĕ çĕршыв хушшинчи тавар çаврăнăшĕ кăçалах ĕнтĕ миллиард тенкĕрен иртсе каять.

Совет Союзĕпе Финлянди мирлĕ пурăнни, пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлени тĕнчери лару-тăрура та пысăк вырăн йышăнса тăрать.

1948 çулта тунă договорта пĕтĕм тĕнчери мирпе хăрушсăрлăха сыхлас тĕлĕшпе тăвакан мĕнпур ĕçсене икĕ çĕршывĕ те хутшăнма, паллă условисенче пĕр-пĕрне пулăшма палăртнă. Çакăнпа пĕр вăхăтрах, договор условийĕсем тăрăх, ун çине алă пуснă çĕршывсем хăйсенчен хăшне те пулин хирĕç пыракан союзсене е коалицисене хутшăнмаççĕ. Договор условийĕсене тĕрĕс пурнăçласа пырса, Совет Союзĕ Финлянди умне унăн суверенитечĕпе тата наци интересĕсемпе килĕшсе тăман требованисем нихçан та лартмарĕ. Пирĕн çĕршыв Финляндин çар ушкăнĕсене хутшăнмасăр пурăнас политикине пĕтĕмпех ăнланни тата хисеплени çинчен темиçе хут та каларĕ. Совет Союзĕн çак çулăпĕ КПСС XX съезчĕн решенийĕсенче палăрчĕ. Съезд пирĕн çĕршыв «Финляндипе, Австрипе, Швеципе тата ытти нейтральнăй çĕршывсемпе тытакан çыхăнусене аталантарса çирĕплетсе пыма» кирлине кăтартса пачĕ.

Çакна та палăртас пулать: Совет Союзĕпе Финлянди туслăхĕ Финляндин тĕнчери рольне ӳстерме пулăшать. Çакна ăна, уйрăммăн илсен, иртнĕ çул ООН Генеральнăй Ассамблейин вуннăмĕш сессийĕ Финляндие Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн членне илни те уççăн кăтартса парать.

Иртнĕ çул Совет Союзĕпе Финлянди хушшинчи хутшăнусем уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăракан икĕ событипе паллă пулчĕ. Кунта ССР Союзĕпе Финлянди пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси, килĕштерсе ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен тунă договора 20 çуллăха тăсни çинчен тата пирĕн çĕршыв Финляндин Порккала-Удд территорине тара илнинчен çыхăннă хăйĕн правине пăрахăçлани çинчен сăмах пырать. Çак территорире Совет Союзĕн тинĕс-çар бази пулнă.

1948 çулта тунă договора татах 20 çуллăха тăсса, икĕ енĕ те, Финлянди премьер-министрĕ Фагерхольм каланă пек, хăйсем «Финляндирпе унăн хĕвелтухăç енчи кӳрши хушшинчи туслăха вăйлатасси патне илсе пыракан çул çинче» малалла кайма тăрăшнине кăтартса пачĕç. Çак прогресс Финляндипе Совет Союзĕ хушшинчи мĕнпур çыхăнусенче палăрать. Суту-илӳпе экономика тĕлĕшĕнчи çыхăнусем çирĕпленнипе пĕрлех икĕ çĕршыв представителĕсем хушшинчи çыхăнусем те вăйланса пыраççĕ. Пĕр-пĕрин çĕршывĕсене тĕрлĕ делегацисем тата нумай туристсем çӳрени йăлана кĕнĕ явлени пулса пырать. Наукăпа техника тĕлĕшĕнчи çыхăнусем ытларах та ытларах сарăлаççĕ. Ку вăл пĕр-пĕрин наукăри, промышленноçри тата ялхуçалăхĕнчи çитĕнӳсемпе, пĕр-пĕрин опычĕпе паллашнине пĕлтерет. «Эпир куратпăр,—тесе çырнă июль уйăхĕнче Финляндири «Суомен сосиалидемократти» хаçат,—финсемпе вырăссем пĕр-пĕринпе тӳррĕнех çыхăну тытни вĕсен туслăхне, вĕсем пĕр-пĕрне хисеплесине вăйлатать.

Пирĕн çĕршыв Порккала-Удд территорине Финляндие пани Совет Союзĕпе Финлянди хушшинчи туслăха, мире çирĕплетме пулăшакан паха ĕç пулчĕ. Çакă вăл, тесе çырнă Лондонра тухса тăракан «Дейли экспресс» хаçат, «Совет Союзĕ тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатма тăрăшнине уççăн кăтартса пачĕ». Швецири «Ню даг» хаçат çапла çырнă: Совет Союзĕ хăйĕн Порккала-Удри тинĕс-çар базине пĕтерни «аслă наци пĕчĕк çĕршыва чăннипех хисепленине, тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатассишĕн чăннипех тăрăшнине кăтартакан тĕслĕх» пулса тăрать. Финлянди халăхне, общественноçне тата правительствине илес пулсан, вĕсем, Финляндири паллă общественнăй деятель Т. Керконен сăмахĕсемпе каласан, çапла шутлаççĕ: Совет Союзĕ Порккала-Удд территорине Финляндие пани вăл Совет Союзĕ Финляндие шанса тăнине кăтартса парать кăна мар,

(Юлашки 4-мĕш страницăра).

# Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту пирки Лондонра пухнă конференци

ЛОНДОН, августăн 16-мĕшĕ. (ТАСС спецкорĕ). Паян вырăнти вăхăтпа ирхине 11 сехетре Ланкастерхауз çуртĕнче Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту пирки пухнă конференци уçăлнă.

Конференци участникĕсене Великобритани премьер-министрĕ Антони Иден саламланă.

Англи делегацийĕ конференцире пăхса тухма ĕçлемелли йĕрке правилисен проектне тăратнă.

Паянхи ларура СССР делегацийĕн пуçлăхĕ Д. Т. Шепилов чылай асăрхаттарса каланă. Кирлĕ вăхăт çитсен, терĕ вăл, Совет делегацийĕ Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту тĕлĕшпе хăйĕн правительстви позицийĕ çинчен тĕплĕн каласа парĕ. Вăл çакна палăртнă: çак канашлăва пухнă чухне нумай суверенлă çĕршывсен законлă прависене пăснă. Ку канашлăва пухнă чухне усă курнă меслет тĕнчери çĕршывсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе пурăнмалли принципсене хирĕç пырать. Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕн Уставĕн содержанийĕнче çав принципсем палăрса тăрассĕ.

Конференцие чĕннĕ çĕршывсен составне, терĕ Д. Т. Шепилов, юриех пĕр паллă тĕллевпе суйласа илнĕ, конференцие Египет правительствипе канашламасăр, 1888 çулта тунă конвенци условийĕсене пăсса пухнă; конференци организаторĕсем унăн тĕллевĕсемпе задачисене, чăннипе илсен, ультиматум йĕркипе лартрĕç; çак тĕллевпе задачăсем Египетăн наци тивĕçĕпе, унăн суверенлă прависемпе килĕшсе тăмассĕ. Çавăнпа ĕнтĕ Египет конференцие хутшăнма килĕшмерĕ. Ку вăл урăхла пулма та пултарайман.

Пăшăрханмалла ĕнтĕ, терĕ малалла СССР делегацийĕн пуçлăхĕ, çак конференци тĕнчери халăхсен шухăшне çителĕклĕ таран палăртса тăракан конференци мар. Хăйĕн хальхи составĕпе вăл ыйтусене татса парас тĕллев лартма пултараймасть. Çав ыйтусене интересленекен мĕнпур государствăсем, вăл шутра Египет та, килĕшнĕ чухне çеç татса пама пулать. Паллă ĕнтĕ, Суэц каналĕ Египет государстви аллинче тăрать.

Совет делегацийĕ çак конференци ĕçне йывăрлатма шутламасть кăна мар, вăл конференци задачисене татса парас ĕçе çăмăллатмашкăн хăй мĕн тума пултарнине пĕтĕмпех тăвĕ, мĕншĕн тесен конференци пĕр-пĕр паллă усă куме пултарĕ. Вăл çапла усă кӳтĕр тесен, унăн тĕллевĕсене, задачисене, вăл ĕçлемелли йĕркене хальхи вăхăтри чăн-чăн лару-тăрупа килĕшмелле тăвма пулать. Çак канашлăва эпир каласусем иртермелли çул çинчи пĕрремĕш утăм вырăнне хуратпăр, пирĕн пурсăмăрăн та, пĕр-пĕрин шухăшĕсене каласа парса, пĕр-пĕрипе канашласа, хальхи вăхăтра нумай çынсене хумхантаракан ыйтăва кирлĕ пек татса памалли май тупма тăрăшмалла, тесе шутлатпăр. Ку решени Египет государствишĕн те, интересленекен ытти государствăсемшĕн те юрăхлă пулмалла.

Государствăсен çакăнта пухăннă хисеплĕ представителĕсене эпĕ çапла тума чĕнетĕп: канашлу иртермелли йĕрке ыйтăвĕсем çине мар, Çывăх Хĕвелтухăçĕнче пулса тăнă лару-тăрăва малалла çивĕчлентерме ирĕк памалли мар тесе пĕрле тумалли ĕçсем çине тимлĕ пăхас пулать. Пирĕн çак канашлушăн Суэц ыйтăвне татса пама пĕр-пĕринпе килĕштерсе йышăнмалли майсем шырасси тĕп вырăнта тăрать.

Государствăсен представителĕсен çак тĕлпулăвĕ усă кӳтĕр, Суэц каналĕ тăрăх суднăсем çӳретес ирĕклĕх çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухма тĕнчери çĕршывсен конференцине хатĕрленсе тĕнчери çĕршывсен урăх ĕçне тума хатĕрленес пирки пĕр-пĕринпе килĕштерĕ шухăш патне илсе çитерме пулăштăр тесе, мĕн май килнине пĕтĕмпех тăвас пулать. Çак ĕçе Египетăн суверенлă прависене хисеплени никĕс çинче тумалла.

Çывăх Хĕвелтухăçĕпе Вăтам Хĕвелтухăç зонинче, тесе кăтартса панă Д. Т. Шепилов, Совет Союзĕн мĕнле те пулин уйрăм интересĕсем çук. Вăл хĕвелтухăçĕнчи арабсен çĕршывĕсенчен пĕринче те хăйне уйрăм правăсем илме хăйĕншĕн ыттисенчен лайăхрах условисем тума тăрăшмасть. Юлашкинчен Д. Т. Шепилов çапла каланă: «Эпир çакăншăн тăрăшатпăр тата малашне те тăрăшăпăр: Çывăх Хĕвелтухăçĕпе Вăтам Хĕвелтухăç вăл çирĕп мир зони, халăхсене малалла аталанма, тĕнчери халăхсене пĕр-пĕрипе килĕштерсе ĕçлеме май паракан зона пултăр. Çакă вăл пирĕн пĕртен-пĕр тĕллев».

ЛОНДОН, августăн 17-мĕшĕ. (ТАСС спецкорĕ). Ĕнер кăнтăрлахи ларура США, Швеци, Португали, Итали тата Индонези представителĕсем хăйсен сӳтсе явакан ыйтусем çине хăйсен правительствисем мĕнле пăхни çинчен каласа панă.

Чи малтан США государство секретарĕ Д. Даллес сăмах илнĕ. Суэц каналĕ тата ăна тытса тăрас ĕç тĕнчери çĕршывсемшĕн яланах пысăк вырăн йышăннă, терĕ вăл. Суэц каналĕ Европăпа Азири нумай çĕршывсемшĕн «пурнăç çулĕ» пулса тăрать.

Египет правительстви Суэц каналĕн компанине национализацилесси çинчен йышăннă решени пирки сăмах хускатса, Даллес çапла каланă: «Египет правительстви хăйĕн çĕршывне пурлăх енĕпе те, çавăн пекех мораль тĕлĕшпе те юрăхлă мерăсем пулăшнипе йĕркелесе тĕреклетме пур майсем те çителĕклĕ», терĕ. Çакăнпа пĕр вăхăтрах, вăл каланă тăрăх, хальхи вăхăтра Египет нумай вăрттăн меслетсемпе усă курса хăйĕн нацилле политика тĕлĕшĕнчи шухăшĕсене асра тытса, хăй сиен тăвас текен çĕршывсен суднисене канал тăрăх çӳретес ĕçе йывăрлатма, усăллă мар ĕç тума пултарать имĕш, Египет нумай нацисен экономикăлла пурнăçне сиенлекен ĕçе тума пăхать имĕш.

Унтан Даллес план сĕннĕ. Ку план, унăн сăмахĕсем тăрăх, çак принципсем çинче никĕсленсе тăмалла:

1. Тĕнчери çĕршывсемшĕн пысăк вырăн йышăнса тăракан ирĕклĕ шыв çулне Суэц каналĕ пирки 1888 çулта тунă конвенци принципĕсемпе килĕшӳллĕн тытса тăмалла.

2. Канала тытса тăрас ĕçре нимĕнле наци политикин влиянийĕ те пулмалла мар.

3. Канал çинче тата ăна тытса тăрас ĕçре Египетăн мĕнпур законлă прависемпе интересĕсене тивĕçтермелле, çав шутра вăл тĕрĕс йĕркепе тупăш илсе тăмалла.

4. Суэц каналĕн компанине тивĕçлипе тӳлеме мерăсем йышăнмалла.

Швеци представителĕ Унден çапла каланă: Швеци правительстви шучĕпе, Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйтăва Пĕрлешнĕ Нацисен Организацийĕнче пăхса тухмалла.

Португали ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Кунья хăй США делегацийĕн сĕнĕвĕсемпе пĕр шухăшлă пулни çинчен каланă. Унтан Индонези ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Р. Абдулгани тухса каланă. Унăн сăмахĕ лару-тăрăва тĕрĕс хакласа каланипе, вăйлăн никĕслесе панипе паллă пулнă.

Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту çине куçса, Индонези представителĕ çакна палăртнă: çак шыв çулĕ тата ун таврашĕнчи çĕр Египетăн уйрăлми пайĕ пулса тăрать. Çакна ăна Англи правительстви те йышăнчĕ, çавăнпа та ку положенипе канала национализациленĕ хыççăн та нимĕнле улшăну та пулма пултараймасть.

Абдулгани тата çакна палăртнă: Англи правительствин представителĕ Александрири апеляци судне çырса панă меморандум тăрăх, Суэц каналĕн компанийĕ «Египет законĕ умĕнче юридически орган пулса тăрать; вăл пĕтĕмпех Египет халăхĕн, çавăнпа та вăл Египет законĕсене пăхăнса тăмалла», терĕ.

Çавăнпа та, терĕ Р. Абдулгани, Суэц каналĕн компанине национализациленни вăл тĕнчери çĕршывсен компанине е пĕр-пĕр ют çĕршыв компанине национализациленине пĕлтермест, уйрăм хуçасен аллинчи компание унăн хăйĕн законлă хуçи национализациленине кăна пĕлтерет. Эпир çакна йышăнатпăр пулсан, канала национализациленипе сыхăнса тăракан ыйтусене, паллах ĕнтĕ, çак икĕ енĕ сӳтсе явма пултарассĕ, ку ĕçе, кирлĕ пулсан, виççĕмĕш енĕ те пулăшма пултарать.

Р. Абдулгани малалла çапла каланă: 1888 çулта тунă конвенции чи кирлĕ статьисене тĕплĕн пăхса тухнă хыççăн, çакăн пек вывод тума пулать: ку конвенцие хальхи вăхăтра та усă курма пулать, вăл çывăх вăхăтра суднăсем çӳретес ĕçĕн тĕп гарантийĕ пулса тăма пултарать. Ку ĕçе хутшăнакансен йышне тĕнчери хальхи вăхăтри лару-тăруран тухса тăракан интересĕсемпе килĕшӳллĕн ӳстерме пулать.

Юлашкинчен Индонези представителĕ çакна палăртнă: Суэц каналĕпе лайăх усă курни Египет интересĕсемпе килĕшсе тăрать; мĕнпур çĕршывсен суднисене канал тăрăх ирĕклĕ çӳреме май памалла. Хăшпĕр çĕршывсем, терĕ вăл, Египет çак йĕркене пăхăнса тăмĕ тесе иккĕленеççĕ. Апла пулсан, Абдулгани шучĕпе, çак гарантие çирĕплетме хатĕр тăракан ытти çĕршывсем тупăнма пултараççĕ.

Франци представителĕ сĕннипе ыйтăва малалла ырăнхи ларура сӳтсе явмалла тунă. Вăл çапла каланă: процедура ыйтăвĕсене сӳтсе явас ĕç кĕтмен çĕртенех питĕ хăвăрт вĕçленнине кура хăшпĕр делегацисене хăйсен сăмахĕсене хатĕрлеме вăхăт кирлĕ пулать.

Çитес лару августăн 17-мĕшĕнче кăнтăрла пулать.

## Совет делегацийĕ иртттернĕ пресс-конференци

ЛОНДОН, августăн 12-мĕшĕ. (ТАСС спецкорĕ). Суэц каналĕ çинчен тăракан ыйту пирки Лондонра пухнă конференцин пĕрремĕш ларăвĕ хыççăн Совет делегацийĕн пресс-конференцийĕ пулнă. Пресс-конференцие Л. Ф. Ильичев иртттернĕ. Вăл Англи корреспонденчĕсемпе урăх çĕршывсен корреспонденчĕсене лару мĕнле иртни çинчен каласа панă, корреспондентсен ыйтăвĕсем çине ответленĕ.

## СУЭЦ КАНАЛЕ ТĂРĂХ СУДНĂСЕМ ÇӲРЕТЕС ĔÇЕ ЛАЙĂХЛАТМА

КАИР, августăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Мэн агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Исмаилире суту-илӳ министрĕ председатель пулса ертсе пынипе Суэц каналĕн администраци правленийĕн ларăвĕ пулса иртнĕ. Унта Суэц каналĕ тăрăх суднăсем çӳретес ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе мĕн-мĕн тумалли çинчен сӳтсе явнă. Халĕ палăрнă тăрăх, тесе пĕлтерет агентство, Суэц каналĕн компанийĕ пулнăскер юлашки çулсенче канал тăрăх суднăсем çӳретес ĕç условийĕсене лайăхлатма тăрăшман, мĕншĕн тесен вăл тепĕр 12 çултан компани концессийĕн срокĕ тухассине, канала Египет правительстви аллине пама вăхăт çитессине асра тытнă.

Ларура канал тăрăх суднăсем çӳретес ĕçе лайăхлатмалли мерăсем çинчен тăракан ыйтăва тĕпчесе пăхме комисси туса хума йышăннă. Комисси председателĕ— Суэц каналĕн администраци правленийĕн директорĕ Махмуд Юнес. Комиссие канал тăрăх çӳрекен суднăсен хисепĕ пĕрмаях ӳсе пынине кура канал çинче тума кирлĕ ĕçсен программине палăртса хума хушнă.

## МАЛЬТА ПРЕМЬЕР-МИНИСТРĔПЕ АНГЛИ ВЛАÇĔСЕМ ХУШШИНЧИ ХИРĔÇӲ

ЛОНДОН, августăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Англи хаçачĕсем Мальта премьер-министрĕ Минтофпа Англин çак тинĕс-çар базинчи влаçĕсем хушшинче хирĕçӳ пуçланни çинчен пĕлтереççĕ. Хирĕçӳ Англи правительстви «сывлăш кĕперĕ» тăвас тĕлĕшпе йышăнакан мерăсене пула тухса тăнă.

Çак кунсенче Англи влаçĕсем Мальта утравĕ çинчи пулăççене радио тăрăх çапла асăрхаттарнă: Англи çарĕнче службăра тăракансен çемйисене Египетран куçарса каякан самолетсем анса лараканн хăшпĕр районсене ан пырса çӳрĕр, терĕ. Çапла туни çинчен Минтофа пĕлтермен пулнă. Вара вăл протест тунă, радиостанци пайĕ пулса тăракан проводсене касса татма, провод карнă юпасене тăпăлтарса пăрахма хушнă.

# Совет Союзĕпе Финлянди хушшинчи туслăха малалла çирĕплетессишĕн

(Юлашки. Пуçламăшĕ 3-мĕш страницăра).

çак икĕ çĕршыв хушшинчи çыхăнусене татах та ытларах аталантарса çирĕплетме пулăшакан сăлтав пулса тăрать.

Совет Союзĕпе Финлянди туслă пурăнни, пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлени, Хĕвеланăçĕнчи аслă çĕршывсемпе пĕчĕк çĕршывсем хушшинчи çыхăнусем пек мар, пачах урăхла. Çакна кăтартса парса, Норвегири «Фрихетен» хаçат Гватемалăра пулса иртнĕ ĕçсем çинчен аса илтерет. Паллă ĕнтĕ, нумаях пулмасть-ха çак çĕршывра никама пăхăнман политика, Гватемала халăхĕн интересĕсене тивĕçтерекен политика тытса пыма тăрăшакан çынсем влаçра тăнă. Анчах та çакă вăл Америка монополийĕсен кăмăлне кайман. Вара вĕсем Гватемала правительствине улăштарнă, влаçа хăйсен агенчĕсене кĕртсе лартнă, Гватемалăна каллех хăйсен колонийĕ туса хунă. Хĕвеланăçĕнчи аслă çĕршывсемпе пĕчĕк çĕршывсем хушшинчи çыхăнусем мĕнле йĕркеленсе тăнине Америкăпа Исланди хушшинче Кефлавик çар базин пирки халĕ пыракан тавлашу та лайăх кăтартса парать. Пурте пĕлеççĕ, Исланди темиçе хутчен требовани лартнă пулсан та, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем хăйсен çарĕсене Исланди территорийĕнчи Кефлавик базинчен илсе тухасшăн мар. Совет Союзĕ хăйĕн Порккала-Удд базине хăйĕн пуçарăвĕпех пĕтернине асилсе, çакна май «Фрихетен» хаçат çапла çырать: «Совет Союзĕпе Финлянди хушшинчи хутшăнусенче пĕр-пĕрне хисеплени тата туслăх тĕп вырăн йышăнса тăрассĕ, Америкăпа Исланди хушшинчи çыхăнусенче вара вăйлă çын «прави» тĕп вырăнта тăрать».

Совет Союзĕпе Финлянди хушшинчи туслăх вăйланса пыни тĕнчери лару-тăрăва çивĕчлетме тăрăшакансен кăмăлне каймасть. Çĕршывсем пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнассине хирĕç тăракансем вăрçă хыççăнхи пĕтĕм тапхăрта Совет Союзĕпе Финлянди хушшинчи хутшăнусене пăсма пур майсемпе те тăрăшрĕç. Ку тĕлĕшпе вĕсем темиçе тĕрлĕ майсемпе те усă курчĕç: Финляндие экономика енĕпе чуралантарма та хăтланса пăхрĕç, Совет Союзне хирĕçле провокациллĕ ĕçсем организацилеме те тăрăшрĕç. Юлашки вăхăтра Совет Союзĕпе Финлянди хушшинчи туслăх тăшманĕсем 1947 çулта тунă Мирлĕ договор Финляндишĕн сиенлĕ пек кăтартма, договорăн территори çинчен калакан статьисене сĕнĕрен пăхса тухма хатĕрлесшĕн хăтланчĕç. Анчах Финлянди халăхĕн йышлă массисемпе государство руководителĕсем çавнашкал ĕçсене сивлесе отпор пачĕç. Вĕсем Совет Союзĕпе Финлянди хушшинче хирĕçӳсем кăларас шутпа тăвакан ытти ĕçсене пĕтерсе хума та çавăн пекех çине тăрса тăрăшассĕ.

Пĕр уйăх каялла К. Е. Ворошилов Финляндие кайсси çинчен пĕлтерни пичетленсе тухсан, Хельсинкири «Ню тид» хаçат çапла çырнă: «Вăл пирĕн çĕршыва килни икĕ çĕршыв хушшинчи туслă хутшăнусенче çĕнĕ паллă тапхăр уçса парĕ». Çапла шутлаççĕ совет çыннисем те.

П. ГРИНИН.

# ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиади

Спартакиадăра фехтовани енĕпе командăсен результачĕсем мĕнле пулнине палăртнă. Пĕрремĕш вырăна Мускав спортсменĕсем йышăннă. Иккĕмĕш вырăнта — Украина команди, виççĕмĕш вырăнта — РСФСР спортсменĕсен сборнăй команди, тăваттăмĕш вырăнта—Ленинград спортсменĕсем, пиллĕкмĕш вырăнта — Белоруссии фехтовальщикĕсем, улттăмĕш вырăнта—Грузи ССР представителĕсем.

Химки водохранилищинче байдаркăсемпе тата каноэсемпе хăвăрт ишекен спортсменсен чи интереслĕ ăмăртăвĕ пулса иртнĕ. Çак ăмăртăва курма çĕршер çынсем пухăннă. Ăмăртура Ленинград спортсменĕсем А. Денидковпа А. Павлючков пысăк çитĕнӳ тунă. 10 километрлă дистанцие вĕсем икĕ мăшăр кĕсменлĕ байдаркăпа 41 минут та 34,2 секундра ишсе тухнă. Пĕччен лармалли байдаркăсемпе ишекенсен хушшинче спорт мастерĕ В. Звездкин (Мускав) çĕнтернĕ. Çак хушша вăл 44 минут та 37,5 секундра ишсе тухнă.

4×500 метрлă дистанцире байдаркăпа ишекенсен эстафети пулнă. Арçынсен командисем хушшинче каллех Ленинград спортсменĕсем çĕнтернĕ. Юлашки тапхăрта вĕсем Украина спортсменĕсенчен 6 секунд маларах тухнă. Ленинград представителĕсем А. Трошенков, И. Кузнецов, С. Климов тата И. Писарев дистанцие 8 минут та 17,4 секундра ишсе тухнă, чемпионсен ылтăн медалĕсене илнĕ. Хĕрарăмсен командисем хушшинче эстафетăна Россия Федерацийĕнчи спортсменкăсем Н. Конистянина, Н. Грузинцева, В. Коваленко тата Л. Дементьева выляса илнĕ.

Каноэпе ишекенсем хушшинче спартакиадăн ылтăн медальне Совет Союзĕн 1955 çулхи чемпионĕ, спорт мастерĕ Г. Бухарин илнĕ. 10 километра вăл 53 минут та 14,8 секундра ишсе тухнă. Икĕ мăшăр кĕсменлĕ каноэпе ишекенсем хушшинче Ленинград спортсменĕсем Г. Ботевпа П. Харин çĕнтернĕ. Вĕсем дистанцие 48 минут та 46,4 секундра ишсе тухнă, финиша РСФСР сборнăй командин кимминчен 2 минута яхăн маларах çитнĕ.

Августăн 15-мĕшĕнче ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиадинче теннис енĕпе пĕрремĕш вырăн йышăнассишĕн кĕрешнĕ спортсменсен ăмăртăвĕ вĕçленнĕ. Вĕсем хушшинче çак вăхăтра çĕршывăн абсолютнăй чемпионĕсен хисеплĕ ячĕсене илессишĕн те кĕрешӳ пынă.

Центральнăй стадионăн спорт вăййисем иртттермелли пĕчĕк аренин трибунисем çине темиçе пин çын пухăннă. Вĕсем теннисисткăсен юлашки ăмăртăвне питĕ интересленсе пăхнă. Акă Совет Союзĕн 1955 çулхи чемпионки Л. Преображенская (Мускав) тата çамрăк спортсменка Валерия Кузьменко тухаççĕ. Вăйăра Кузьменко 6:4 шутпа çĕнтернĕ.

Курма пынă çынсем теннис енĕпе мала тухнă спортсменкăна, Совет Союзĕн çĕнĕ чемпионкине ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиадин чемпионкине, Украина ССР Наука академийĕн библиотекинче ĕçлекен лаборанткăна Валерия Кузьменкона ăшшăн саламлаççĕ.

Арçынсен ушкăнĕн финалĕнче Мускав теннисисчĕсем С. Андреевпа Н. Озеров вылянă. Вăйăра иртнĕ çулхи чемпион Андреев çĕнтернĕ. Çапла ĕнтĕ, Андреев каллех çĕршыв чемпионĕ. Вăл ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиадин чемпионĕ ятне те илнĕ.

Августăн 15-мĕшĕнче шывра ишсе рекордсем тумалли кун пулнă. Хăвăрт ишекенсем Совет Союзĕн рекорчĕсене чылай лайăхлатнă.

Акă, 100 метрлă дистанцире, хĕрарăмсем брасс меслетпе ишеççĕ. Ăмăртура Ленинград спортсменки К. Копорова çĕнтернĕ. Çак хушша вăл 1 минут та 20,9 секундра ишсе тухнă. Ку вăл—Совет Союзĕн çĕнĕ рекорчĕ. Копорова спорт мастерĕн нормине тултарнă, Киев спортсменки М. Гавриш халиччен тунă рекордран вăл 0,5 секунд иртсе кайнă.

4×200 метрлă эстафетăра В. Скоморовскипе В. Стружанов (Мускав), В. Сорокин (Ленинград) тата Б. Никитин (Грузи) спортсменсенчен тăракан сборнăй команда ирĕклĕ меслетпе ишсе Совет Союзĕн çĕнĕ рекордне тунă. Вĕсен вăхăчĕ—8 минут та 35,2 секунд. Халичченхи çитĕнĕве вĕсем 12 секунда яхăн лайăхлатнă.

Хăвăрт ишекенсем хушшинче Россия Федерацийĕн сборнăй командин представителĕ Х. Юничев чаплă çитĕнӳ тунă. Брасс меслетпе вăл 200 метр хушшине 2 минут та 34 секундра ишсе тухнă. Ку вăл—Совет Союзĕнчи тата Европăри çĕнĕ рекорд.

Акă хĕрарăмсем 100 метрлă дистанцире баттерфляй меслетпе ăмăртса ишеççĕ. Мускав спортсменки З. Воронина дистанцие 1 минут та 17,4 секундра ишсе тухать. Ку вăл — Совет Союзĕн çĕнĕ рекорчĕ. Унтан Украина спортсменки Л. Барбиер çĕнĕ рекорд тăвать. 200 метрлă дистанцие вăл 2 минут та 24,1 секунд хушшинче меселе ишсе тухать.

1941 çулта Мускав спортсменки Кочеткова 200 метр дистанцие меселе 2 ми-



Спорт ĕçĕн тава тивĕçлĕ мастерĕ А. Чудина Совет Союзĕнчи халăхсен спартакиадинче çăмăл атлетсен ăмăртăвĕнче мала тухнă Н. Виноградова спортсменкăна çĕнтерӳ ячĕпе сывлăх сунать.

С. Преображенскипе Л. Доренский фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

нут та 47,4 секунд хушшинче ишсе тухнă. Халиччен Пĕтĕм Союзри çак рекорда никам та лайăхлатма пултарайман. Августăн 15-мĕшĕнче Центральнăй стадионри бассейнра Украина представителĕ, çамрăк спортсменка Л. Клипова 200 метр хушшине 2 минут та 47,3 секунд хушшинче меселе ишсе тухнă.

Çапла ĕнтĕ, икĕ кун хушшинче Центральнăй стадион бассейнĕнче шывра хăвăрт ишес тĕлĕшпе Совет Союзĕн 11 рекордне çĕнетнĕ, татах та пысăкрах çитĕнӳсем тунă. Çак результатсенчен пĕри — тĕнче рекорчĕ, тепри—Европа рекорчĕ.

Химки водохранилищинче байдаркăсемпе тата каноэсемпе чи хăвăрт ишекен спортсменсен кĕрешĕвĕ 4 куна пынă. Спартакиада чемпионĕн хисеплĕ ятне илессишĕн 300 спортсмен ытла ăмăртнă.

Иккĕр мăшăр кĕсменлĕ байдаркăсемпе ишекенсем хушшинче 500 метрлă дистанцире халичченхи чемпионсемех—Ленинград спортсменĕсем А. Черняевпа М. Каалесте мала тухнă, иккĕр кĕсменлĕ каноэсемпе ишекенсем хушшинче 1.000 метрлă дистанцире В. Якунинпа С. Оцепков (Мускав) мала тухнă, иккĕр мăшăр кĕсменлĕ байдаркăсемпе ишекенсем хушшинче 1.000 метрлă дистанцире И. Кузнецовпа А. Трошенков (Ленинград) çĕнтернĕ.

Байдаркăпа тата каноэпе хăвăрт ишекен спортсменсен ăмăртăвĕсенче çĕнтернĕ Ленинград спортсменĕсене çĕршыв чемпионĕсемпе спартакиада чемпионĕсен ылтăн медалĕсене панă. Иккĕмĕш вырăнта — Россия Федерацийĕн спортсменĕсем, виççĕмĕш вырăнта — Мускав физкультурникĕсем, ун хыççĕнче—Украина, Грузи тата Белоруссии командисем.

Августăн 15-мĕшĕнче шыври поло енĕпе спартакиадăра мала тухассишĕн пынă ăмăртусем вĕçленнĕ. Мускав команди пĕтĕм турнира питĕ лайăх иртттернĕ. Юлашки хут вăл Украина ватерполисчĕсемпе вылянă. Вăйăра Мускав спортсменĕсем 7 : 1 шутпа çĕнтернĕ. Грузи тата РСФСР командисем хушшинчи вăйăра Грузи ватерполисчĕсем 4:1 шутпа çĕнтернĕ. Азербайджан тата Ленинград командисен вăййи никăшĕ те çĕнтерейменнипе — 3:3 шутпа вĕçленнĕ.

Çапла ĕнтĕ, шывра поло енĕпе Совет Союзĕпе спартакиада чемпионĕ ятне Мускав команди илнĕ. Иккĕмĕш вырăнта — Грузи команди, виççĕмĕш вырăнта — Азербайджан ватерполисчĕсем, тăваттăмĕш вырăна Ленинград команди йышăннă, пиллĕкмĕш вырăна — Украина команди, улттăмĕш вырăна — РСФСР сборнăй команди.

Августăн 15-мĕшĕнче ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиадинче çăмăл атлетсен десятиборье енĕпе пынă ăмăртăвĕ вĕçленнĕ. Ку ăмăртура пĕрремĕш вырăна Мускав спортсменĕ В. Кузнецов йышăннă—7.728 очко пухнă. Ку вăл—Совет Союзĕн тата Европăн çĕнĕ рекорчĕ. Халичченхи çак рекорда В. Кузнецов кăçалхи çулла Мускав спартакиадинче тунăччĕ. Ун чухне вăл 7.688 очко пухнăччĕ.

В. Кузнецов 100 метрлă дистанцие 10,7 секундра чупса тухнă, 7 метр та 12 сантиметр тăршшĕ сикнĕ, ядрона 13 метр та 71 сантиметра ывăтнă, 175 сантиметр çӳлĕшне сикнĕ, 400 метрлă дистанцие 50,8 секундра чупса тухнă, барьерсем лартнă 110 метрлă дистанцие 14,1 секундра чупса тухнă, диска 49 метр та 21 сантиметра ывăтнă, шалчапа вăл 3 метр та 90 сантиметр çӳлĕшне сикнĕ, сăнăна 64 метр та 98 сантиметра ывăтнă, 1.500 метрлă дистанцие 5 минут та 11 секундра чупса тухнă.

Çăмăл атлетсем хушшинче десятиборье енĕпе спартакиадăра иккĕмĕш вырăна Украина спортсменĕ Ю. Кутенко йышăннă (7.391 очко). Ку вăл—Украинăн çĕнĕ рекорчĕ. Виççĕмĕш вырăнта—У. Палу (7.168 очко—Эстонин çĕнĕ рекорчĕ).

Августăн 15-мĕшĕнче Центральнăй стадионăн баскетбол площадкисенче спартакиадăри юлашки ăмăртусем пулнă.

Баскетболистсен турнирĕн итогĕсем çакăн пек: арçынсен командисем хушшинче Латви команди пĕрремĕш вырăна тухнă. Ытти 9 вырăнта—Мускав, Литва, РСФСР (сборнăй), Казахстан, Украина, Ленинград, Эстони, Грузи, Азербайджан командисем.

Хĕрарăмсен командисем хушшинче пĕрремĕш вырăна Мускав команди йышăннă. Ытти 9 вырăнта — Латви, Ленинград, Литва, Грузи, РСФСР (сборнăй), Эстони, Украина, Армени, Карел АССР командисем.

Ядро ывăтас тĕлĕшпе хĕрарăмсем хушшинчи юлашки ăмăртура Ленинград спортсменкисем — тĕнче рекордсменки Г. Зыбина, Т. Тышкевич тата З. Дойникова пулнă. Тышкевич çĕнтернĕ. Вăл ядрона 16 метр та 22 сантиметра ывăтнă. Зыбина иккĕмĕш вырăн йышăннă. Унăн чи лайăх результачĕ — 15 метр та 98 сантиметр. Виççĕмĕш вырăнта Дойникова (14 метр та 57 сантиметр). (ТАСС).

* * *

ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиади вĕçленнĕ. Юлашки результатсене çырса хунă, рекордсен таблицисене тӳрлетӳсем кĕртнĕ, ăмăртусенче çĕнтернисен ячĕсене ылтăн медальсемпе хрусталь кубоксем çине касса çырса хунă.

...Августăн 16-мĕшĕнче В. И. Ленин ячĕпе тăракан Центральнăй стадионăн спорт вăййисем иртттермелли пысăк аренин трибунисем çине темиçе пин çын пухăннă. Унта вĕсем çăмăл атлетсемпе футболистсен юлашки тĕлпулăвĕсене курма, спартакиадăра çĕнтерекенсене, çĕнĕ чемпионсемпе рекордсменсене саламлама пынă.

Кăнтăрла 5 сехет. ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиади вĕçленнĕ ятпа праçник пуçланать.

Спартакиадăра çăмăл атлетсен юлашки ăмăртăвĕсем пыраççĕ. Ăмăртусем хĕрарăмсен командисен эстафетипе вĕçленнĕ.

Талантлă спортсменсен ушкăнне «Комсомольская правда» хаçатăн хаклă призĕсемпе наградăлани çинчен пĕлтерсен, курма пынă çынсем хĕрӳллĕн алă çупаççĕ.

Центральнăй стадионра футболистсен финалти вăййи пулнă. Мускавпа Грузи командисем вылянă. Мускав футболисчĕсем 2:1 шутпа çĕнтернĕ.

Çанталăк начар пулнă пирки СССР Министрĕсен Совечĕн призĕсене паман, ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиадине хутшăннă спортсменсен юлашки парачĕ пулман.

Августăн 17-мĕшĕнче М. Горький ячĕпе тăракан Центральнăй культурăпа кану паркĕн Çуллахи театрĕнче спартакиадăна хутшăннă çынсен юлашки вечерĕ пулнă. Унта спартакиадăра çĕнтернĕ спортсменсене СССР Министрĕсен Совечĕн призĕсене панă.

ССР Союзĕнчи халăхсен спартакиадин юлашки ăмăртăвĕсене иртттернĕ вăхăтра Центральнăй стадионра Н. А. Булганин, Л. М. Каганович, Г. М. Маленков, М. Г. Первухин, М. З. Сабуров, Л. И. Брежнев юлташсем пулнă. (ТАСС).

## СПОРТ ХРОНИКИ

● Футбол енĕпе республикăра мала тухмалли ăмăрту вĕçленсе пырать. Ăмăртăва 7 команда хутшăннă пулсан, виçĕ команда выляса пĕтерчĕç ĕнтĕ. Пурĕ 12 очко пухма май пур çĕртен Çĕмĕрлери «Урожай» команди 6 очко, Шупашкарти спартаковецсем — 5 очко тата Улатăр команди 4 очко выляса илчĕç.

Улатăрти «Локомотив» спорт обществин футболисчĕсем 8 очко выляса илнĕ. Вĕсен Шупашкарти «Энергия» спорт обществин командипе вылямалли юлнă. «Энергия» команди (7 очко пухнă) улатăрсемсĕр пуçне Канашри «Локомотив» спортсменĕсемпе вылямалла-ха. Çĕмĕрлери «Красная звезда» команди те 7 очко пухнă. Çĕмĕрлесен Канаш командипе вылямалли юлнă.

Канашри «Локомотив» спорт обществин футболисчĕсем ăнăçсăр вылянине палăртмалла. Вĕсем пурĕ те пĕр очко çеç выляса илнĕ.

● Футбол енĕпе республикăра мала тухассишĕн иккĕмĕш ушкăнти командăсем енĕпе иртттерекен ăмăртура, центральнăй зонăри командăсене илсен, Шупашкарти «Буревестник» спорт обществин коллективĕ малта пырать. Вăл 12 очко пухнă. Сĕнтĕрвăрринчи «Урожай» спорт обществин футболисчĕсем 8 очко выляса илнĕ. Сĕнтĕрвăррисен хăйсен хулинчи «Красная звезда» тата Çĕрпӳри «Красное знамя» командисемпе вылямалли юлнă.

Çĕмĕрле зонинче 10 очко пухнă Етĕрне команди малта пырать. Вăрнарти «Урожай» спорт обществин спортсменĕсем 7 очко выляса илнĕ. Вĕсен Хĕрлĕ Чутайри «Буревестник» командипе çеç вылямалли юлнă.

● Çитĕнисен футбол командисем енĕпе республика кубокне илессишĕн çитес кунсенче çурмафиналти вăйăсем пулмалла. Августăн 19-мĕшĕнче Çĕмĕрлери «Красная звезда» тата Шупашкарти «Динамо» спорт обществисен командисем вылямалла. Ку вăйă «Энергия» стадионĕнче пулмалла.

Тепĕр çурмафинала тухнă Шупашкарти «Энергия» тата Улатăрти «Локомотив» командисен августăн 24-мĕшĕнче вылямалла пулать.

Çамрăксен футбол командисем енĕпе илсен те çурмафинала тухнă командăсем паллă ĕнтĕ. Ăмăртăва 20 команда хутшăннă пулсан 4 команда çеç юлчĕ. Етĕрне команди Куславкка командипе, Канаш команди—Шупашкарти «Динамо» тата Улатăр командисен хушшинче пулнă тĕлпулура çĕнтернĕ командăпа вылямалла. «Динамо» спорт обществипе Улатăр хулинчи çамрăк футболистсем «Энергия» стадионĕнче августăн 19-мĕшĕнче выляççĕ.

## ЕÇÇЫННИ ДЕПУТАЧĔСЕН ШУПАШКАР ХУЛА СОВЕЧĔН ВУННĂМĔШ СЕССИНЕ ПУХАССИ ÇИНЧЕН

Еççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн исполнительнăй комитечĕ хула Совет депутачĕсене çакăн çинчен пĕлтерет: 1956 çулхи августăн 23-мĕшĕнче каçхине 7 сехетре ĕççынни депутачĕсен Шупашкар хула Совечĕн вуннăмĕш сессийĕ пухăнать.

Сесси кун йĕркинче тăракан ыйту: «Хулана илемлетсе лайăхлатас ĕç мĕнле пыни çинчен».

Сесси ларăвĕ КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекин вĕçĕн залĕнче пулать.

ЕÇÇЫННИ ДЕПУТЕЧĔСЕН ШУПАШКАР ХУЛА СОВЕТ ИСПОЛКОМĔ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

## КИНО

«РОДИНА». Августăн 18-мĕшĕнче кăнтăрлахи сеанссенче илемлĕ фильм — «Свадьба с приданым», каçхи сеанссенче—«Доктор Роберт Майер».

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-90, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—13-37, литературăпа искусство пайĕ—6-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 02550 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2419. Тираж 29.600 экз.